ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Ноябрь 11 юнкун № 220 (9129)

Хакĕ 20 пус. 36-мĕш çул тухать.

## Паянхи номерте:



# Агрозоотехника курсĕсен ĕçне тĕпрен лайăхлатмалла

Колхоз стройĕ ял ĕçченĕсен творчествăлла пултарулăхне вĕçĕмсĕр ÿстерсе пыма анлă çул уçса пачĕ. Наука çитĕнĕвĕсене тата малта пыракан опыта социализмла ялхуçалăх производствине кĕртсе пыни ялхуçалăхĕн пур отраслĕсенче те пысăк çитĕнÿсем тума май парать. Çакна шута илсе, СССР Министрĕсен Совечĕ 1950 çулхи июнĕн 19-мĕшĕнче колхозсенче массăллă кадрсем хатĕрлес тĕлĕшпе висĕ çул вĕренмелли агрозоотехника курсĕсем организацилеме йышăннă.

1952—1953 вĕренÿ çулĕнче пирĕн республикăра агрозоотехника курсĕсенчен бригадирсем, ферма заведующийĕсем, звеньевойсем 15 пин çынна яхăн вĕренсе тухнă.

Висĕ çуллăх агрозоотехника курсĕсене тивĕçлипе хаклакан районсенче массăллă кадрсем хатĕрлес ĕç ăнăçлă пырать. Тĕслĕхрен, иртнĕ вĕренÿ çулĕнче Шупашкар, Шăхасан, Первомайски районĕсенче курсенчен çĕршер çын вĕрентсе кăларнă. Колхозниксене курссенче вĕрентме пысăк квалификациллĕ ялхуçалăх специалисчĕсене, колхоз производствинче малта пыракансене хутшăнтарнă. Курссенче занятисем йĕркеллĕ пулса пынă. Вĕренекенсем экзаменсене лайăх тытнă. Курсра вĕренсе илнĕ пĕлÿсемпе ялхуçалăх мастерĕсем хăйсен кулленхи ĕçĕнче усă кураççĕ.

Первомайски районĕнчи «Пионер» колхоз членĕ Рейнов юлташ кăçал агротехника курсĕнчен вĕренсе тухрĕ. Вăл халĕхи вăхăтра пахча çимĕç бригадин бригадирĕ пулса ĕçлет. Çак бригада кăçал кашни гектартан 850-шар центнер выльăх кăшманĕ туса илнĕ.

Шупашкар районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан колхозра агротехника курсне агроном А. Кириллова юлташ ертсе пынă. Вăл тăрăшнипе колхозниксемпе колхозницăсем аван вĕреннĕ. Юлашки çулсенче ялхуçалăх ĕçĕнче прогрессивлă меслетсемпе анлă усă курса, колхоз тырпул тухăçлăхне чылай ÿстерчĕ.

Кĕтерне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоз членĕсем Крынецкий, Селиванова, Дубынина юлташсем зоотехника курсĕнче икĕ çул вĕреннĕ. Вĕсем хăйсен теориллĕ пĕлĕвĕсене практикăпа таччăн çыхăнтарса ĕçлеме хăнăхса çитнĕ, султан-çул выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе пысăк çитĕнÿсем тăваççĕ.

Калас пулать, чылай районсенче колхозниксемпе ялхуçалăх механизаторĕсен агрозоотехникăлла пĕлĕвне куллен ÿстерсе пыма кирлине çаплах тивĕçлипе хакламаççĕ-хэ. Сăмахран, Октябрьски, Сĕнтĕр, Советски районĕсенче иртнĕ вĕренÿ çулĕнче агрозоотехника курсĕсенче колхозниксене вĕрентмелли плана 20—32 процент кăна тултарнă.

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ ялхуçалăх пропагандине сарассине, наука çитĕнĕвĕсемпе малта пыракан опыта производствăна кĕртсе пырассине пысăк вырăна хурса, вырăнти парти, совет, ялхуçалăх органĕсене çак ĕçри çитменлĕхсене татăклăн пĕтерме хушса хăварчĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ çапла тума хушать:

ялхуçалăх пропагандине тата наука çитĕнĕвĕсене, малта пыракан опыта производствăна кĕртсе пырас ĕçе çителĕклĕ хакламаннине пĕтермелле,—малта пыракан опыта производствăна анлăн кĕртсе пыни ялхуçалăхне ертсе пырас ĕçĕн уйрăмли пайĕ пулса тăмалла;

висĕ çул вĕренмелли агрозоотехника курсĕсен ĕçне нумай лайăхлатмалла, колхозниксемпе совхозсенчи рабочисене вĕрентес ĕçре формализма пĕтермелле. Курсра вĕренекенсене малта пыракан майĕсемпе ĕçре усă курма хăнăхтарса, колхозсемпе совхозсен производство ĕçне лайăхлатмалла;

ялхуçалăх специалисчĕсемпе, трактор тата уй-хир бригадисен бригадирĕсемпе, уй-хир ĕçĕнчи тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри работниксемпе шутра хуçалăха тытса пымалли агротехникăпа зоотехникăн çĕнĕ, малта пыракан майĕсене, меслечĕсене вĕрентме тăтăшах семинарсем ирттермелле.

Парти, совет, ялхуçалăх органĕсен, МТС-сен тивĕçĕ вăл çак ответлă задачăна чыслăн пурнăçласси пулать.

Çĕнĕ вĕренÿ çулне ăнăçлă ирттересси вĕренÿ ĕçне малтанхи кунсенченех тĕплĕн туса пынинчен килет. Курссене ĕçлеме кашни колхозра, МТС-ра, совхозра лайăх майсем туса памалла. Классенче çителĕклĕ сĕтел-пукан, наглядлăй пособисем, занятисем ирттермелли çирĕп расписанисем пулмалла.

Çĕнĕ вĕренÿ çулĕн малтанхи итогĕсем çакна кăтартаççĕ: чылай курссем хăйсен ĕçне тĕплĕн хатĕрленсе тытăнчĕç. Çав вăхăтрах хăшпĕр районсенче ĕçсем тÿсме çук начар тăраççĕ. Тĕслĕхрен, Калинино районĕнче агротехникăна вĕренме 12 ушкăн, зоотехникăна вĕренме 22 ушкăн организацилеме палăртнă пулсан, паянхи куна çак 34 ушкăнран пурĕ те 16 ушкăн кăна йĕркелесе çитерне. Малтанхи занятисем висĕ ушкăнра кăна пулса иртнĕ. Çакă вăл КПСС райкомĕ, райсовет исполкомĕ, унăн ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕ тата МТС дирекцийĕ иртнĕ çулхи йăнăшсемпе çитменлĕхсенчен тивĕçлĕ выводсем туманни çинчен, колхозсем валли массăллă кадрсем хатĕрлесси çине тивĕçлипе пăхманни çинчен калать. Çак çитменлĕхе районти ертсе пыракан организацисен халех тÿрлетес пулать. Курссенче занятисем пур çĕрте те вăхăтра, палăртнă кунсенче пулса пымалла. Курсра вĕрентме çирĕплетнĕ колхозниксемпе механизаторсене занятисене пĕр сиктермесĕр çÿреме, занятисене тĕплĕн хатĕрленсе пыма колхоз правленийĕсен, МТС-семпе совхоз дирекцийĕсен, пуçламăш парторганизацисен пур енчен те лайăх условисем туса памалла.

Республикăри ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви агрозоотехника курсĕсен ĕçне лайăх организацилессишĕн çине тăрса кĕрешмест. Кадрсем вĕрентсе хатĕрлес тĕлĕшпе вырăнти ялхуçалăх организацийĕсене, МТС руководителĕсене çителĕксĕр пулăшать. Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви тата унăн ялхуçалăх пропаганди управленийĕ курссенче вĕрентмелли программа ярса панипе лăпланса лараççĕ. Агрозоотехника курсĕнче вĕренÿ мĕнле пынине куллен тĕрĕслемеççĕ.

Агрозоотехника курсĕсенче ĕçе ăнăçлăн ирттересси преподавательсен опычĕпе квалификацинчен нумай килет. Преподавательсем валли методикăлла семинарсем ирттерни кирлĕ, вĕсене куллен пулăшса тăмалла. Курссенче КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ «ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановленине, партипе правительствăн ялхуçалăх тĕлĕшпе йышăннă ытти решенисене уйрăмах тимлĕн вĕренсе тухмалла.

Агрозоотехника курсĕнче малта пыракан опыта вĕренесси пысăк вырăн йышăнса тăрать. Республикăра ялхуçалăх ĕçĕнче малта пыракансем сахал мар, анчах та вĕсен опытне сутатса паракан массăлла литература, плакатсем кăларассишĕн республикăри культура министерстви те, ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви те тăрăшни палăрмасть.

Ялхуçалăхĕн массăллă кадрĕсене хатĕрлени КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ ялхуçалăхĕ умне кăларса тăратнă задачăна ăнăçлăн пурнăçлама пулăшать. Ялхуçалăх органĕсен, колхозсемпе МТС-сен, совхозсен руководителĕсен тата вырăнти партипе совет организацийĕсен тивĕçĕ ялхуçалăх кадрĕсем хатĕрлемелли плана ăнăçлăн тултарасси пулса тăрать.

# СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ В. М. Молотов патĕнче пулнă йышăну

Ноябрĕн 7-мĕшĕнче Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнă май СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ В. М. Молотов Мускаври дипломати корпусне йышăннă.

Йышăнура урăх çĕршывсен Посольствисен тата Миссийĕсен пуçлăхĕсемпе членĕсем пулнă. Йышăнура çаксем пулнă: Болгари Халăх Республикин Министрсен Совечĕн Председателĕн Заместителĕ Г. Трайков, Демократиллĕ Германи Республикин Премьер-Министрĕн Заместителĕ В. Ульбрихт, Демократиллĕ Германи Республикин Премьер-Министрĕн Заместителĕ тата Финанс Министрĕ Г. Лох, Монголи Халăх Республикин Правительствин суту-илÿ делегацийĕн пуçлăхĕ П. Батор, Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительствин Суту-илÿ делегацийĕн пуçлăхĕ Ким Хен Бук, Румыни Халăх Республикин Государство план комитечĕн Председателĕ М. Константинеску, Монголи Халăх Республикин Промышленность Министрĕ Т. Бавудоржи, Румыни Халăх Республикин Тулашри суту-илÿ Министрĕ А. Бырлэдяну, Финлянди Правительствин суту-илÿ делегацийĕн пуçлăхĕн заместителĕ Й. Ванамо, Румыни Халăх Республикин Финанс Министрĕн Заместителĕ Э. Виня, Румыни Халăх Республикин Государство план комитечĕн Председателĕн Заместителĕ Г. Ковач, Чехословаки Республикин Тулашри суту-илÿ Министрĕн Заместителĕ Ф. Марек, Польша Халăх Республикин Машиностроени Министрĕн Заместителĕ Я. Слюсарчик, Венгри Халăх Республикин Энергетика Министрĕн Заместителĕ Я. Шебештьен, Демократиллĕ Германи Республикин Транспорт Министрĕн Заместителĕ Р. Штаймер, Профсоюзсен Пĕтĕм Тĕнчери Федерацийĕн Генеральнăй Секретарĕ Л. Сайян, Францири Пĕтĕмĕшле Ĕç Конфедерацийĕн Секретарĕ Г. Монмуссо, Пĕтĕм Китайри Демократиллĕ Хĕрарăмсен Федерацийĕн Председателĕ Сюй Гуан-пин.

Совет Союзĕ енчен йышăнура çаксем пулнă: СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ тата СССР Оборона Министрĕ Н. А. Булганин, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ Л. М. Каганович, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Заместителĕ тата СССР Суту-илÿ Министрĕ А. И. Микоян, РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ М. П. Тарасов, РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ А. М. Пузанов, СССР Министрĕсем М. Г. Первухин, П. К. Пономаренко, И. Ф. Тевосян, А. Н. Косыгин, В. А. Малышев, И. Г. Кабанов, А. Г. Зверев, А. Ф. Засядько, Н. К. Байбаков, С. М. Тихомиров, С. А. Акопов, И. А. Бенедиктов, И. И. Носенко, Д. Ф. Устинов, Н. А. Дыгай, Б. П. Бещев, З. А. Шашков, В. П. Зотов, А. Ф. Третьяков, К. П. Горшенин, П. Я. Антропов, ВЦСПС Председателĕ Н. М. Шверник, СССР Верховнăй Сучĕн Председателĕ А. А. Волин, СССР Генеральнăй Прокурорĕ Р. А. Руденко, РСФСР Министрĕсем И. А. Каиров, Т. М. Зуева, Совет Союзĕн Маршалĕсем А. М. Василевский, Г. К. Жуков, Флот Адміралĕ Н. Г. Кузнецов, Совет Союзĕн Маршалĕсем С. М. Буденный, В. Д. Соколовский, Л. А. Говоров, СССР Министрĕсен Заместителĕсем А. А. Громыко, В. А. Зорин, С. А. Борисов, П. Н. Кумыкин, В. А. Сергеев, С. В. Кафтанов, И. Г. Большаков, ТАСС Ответлă руководителĕ Н. Г. Пальгунов, «Правда» хаçатăн главнăй редакторĕ Д. Т. Шепилов, СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерствин коллеги членĕ Л. Ф. Ильичев, Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолсем П. Ф. Юдин, А. А. Соболев, К. В. Новиков, Ю. К. Приходов, Д. А. Жуков, К. Д. Левычкин, Г. Т. Зайцев, А. П. Павлов, В. И. Писарев, Мире Хÿтĕлес Тĕлĕшпе Ĕçлекен Совет Комитечĕн Председателĕ Н. С. Тихонов, Арми Генералĕсем В. В. Курасов, М. С. Малинин, Адмиралсем Н. Е. Басистый, В. А. Фокин, В. А. Андреев, Генерал-полковниксем А. С. Желтов, А. С. Жадов, И. П. Галицкий, Мускав хулин коменданчĕ генерал-майор И. С. Колесников, СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерствин, СССР Тулашри суту-илÿ Министерствин, СССР Оборона Министерствин, СССР Культура Министерствин ответлă сотрудникĕсем, наукăпа искусство деятелĕсем, столицăри промышленность предприятийĕсен руководителĕсем, производство новаторĕсем, общественноçпа пичет представителĕсем. (ТАСС).

## Октябрьти революци 36 çул тултарнине Мускавра уявлани çинчен ÿкернĕ кинофильмсем

Ноябрĕн 8-мĕшĕнче çĕрле пуличченех Мускавра уяв чухнехи савăнăç шăпланман. Тепĕр куннех столицăри пиншер çын хулари кинотеатрсен экранĕсем çинче Октябрь уявне ирттернине курчĕç. Ăна кинопленка çине ÿкерсе илнĕ.

Киножурналта ĕççынни депутачĕсен Мускав Совечĕн партипе обществăлла организацийĕсен тата Совет Çарĕн представителĕсемпе пĕрле Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнă ятпа ирттернĕ савăнăçлă ларăвне кăтартнă. Экран çинче—Пысăк театр залĕ. Президиума партипе правительство руководителĕсем тухаççĕ. Вĕсене нумайччен тăвăллăн алă çупса кĕтсе илеççĕ. Трибуна çинче—К. Е. Ворошилов юлташ. Аслă уяв ячĕпе тунă доклада кино куракансем тимлесе итлеççĕ.

Çав кунах тепĕр фильм кăларнă. Унта ĕççыннисем Хĕрлĕ площаде кураççĕ. Кинокартинăри кадрсенче совет çарĕсен чаплă парадне, ĕççыннисен уяв кунĕнчи демонстрацине кăтартнă.

Мускаври савăнăçлă уява документла фильмсен Центральнăй студийĕн 50 ытла операторĕ ÿкернĕ. (ТАСС).



# Октябрь уявĕ Совет Союзĕнчи хуласемпе ялсенче

Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнине пирĕн Тăван çĕршыври ĕççыннисем политикăлла тата ĕçри питех те пысăк çĕкленÿпе кĕтсе илчĕç. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсемпе хавхаланса, пирĕн социализмла нумай нациллĕ государствăри халăхсем коммунизм строительствин пысăк та чаплă программине пурнăçлассишĕн ăнăçлă кĕрешеççĕ. Партипе правительство ялхуçалăхне малалла хăвăрт аталантарса пырасси, халăха куллен кирлĕ япаласем туса кăларассине кĕске вăхăт хушшинчех вăйлатасси çинчен йышăннă решенисене пурнăçлани рабочи класăн, колхоз хресченĕсен тата совет интеллигенцийĕн пурнăçне нумай лайăхлатать. Уяв кунĕсенче совет çыннисем халăх хуçалăхĕпе культура енĕпе тунă çĕнĕ те пысăк çитĕнÿсене хаваслăн палăртрĕç.

Ноябрĕн 7-мĕшĕнче пур çĕрте те уяв ячĕпе демонстрацисем ирттернĕ. Демонстрацисене халăх нумай тухнă. Союзлă республикăсен столицисенче — Киевра, Минскра, Ташкентра, Алма-Атара, Тбилисире, Кишиневра, Фрунзе хулинче, Бакура, Ригăра тата ытти хуласенче те çар парачĕсем пулнă.

Ленинградра Нева шывĕ çинче кашни çулхи пекех тинĕс-çар флочĕн парадне ирттернĕ. Дворцовăй площадьре çар парачĕ пулнă. Унтан ĕççыннисен демонстрацийĕ пуçланнă. Малта пыракан колоннăсемпе пĕрле Кировски завод коллективĕ иртнĕ. Ку заводри сталеварсем нумайăшĕ уяв умĕнхи кунсенче хурçă графикра палăртнинчен маларах шăрата-шăрата кăларнă. Сталин ячĕпе тăракан заводри металлистсем Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнă тĕле çĕнĕ йышши пысăк турбина туса пĕтернĕ. С. М. Киров ячĕпе тăракан «Электросила» завод кăçал 50 йышши çĕнĕ машинăсемпе аппаратсем туса кăларас ĕçе йĕркелесе çитернĕ.

Совет Украинин столици—Киев. Аслă совет çĕршывĕнчи халăхсен тăванла тусլăхĕ çирĕп. 1954 çулхи январьте Украина Российăпа пĕрлешнĕренпе 300 çул тултарать. Ку вăл—вырăссемпе украинецсемшĕн кăна мар, Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн пур халăхĕсемшĕн те чаплă уяв. Уяв кунĕнче Киеври ĕççыннисем Крещатик урамĕ тăрăх ялавсене тата социализмла аслă Тăван çĕршыв мухтавĕшĕн тăрăшса ĕçре тунă çĕнтерÿсем çинчен пĕлтерсе çырнисене çÿлте тытса çĕклесе пынă. Хулари промышленность виççĕмĕш кварталти программăна ăнăçлă вĕçленĕ, пĕлтĕрхи çав тапхăрта туса хатĕрленинчен 13 процент ытларах продукци туса кăларнă.

Минскри ĕççыннисен демонстрацийĕ чаплă иртнĕ. Совет Белоруссийĕн столицинчи рабочисем КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн решенийĕсене ĕçе кĕртме тăрăшса, çĕршыври машина-трактор станцийĕсемпе колхозсене пулăшаççĕ, автомобильсем, тракторсем, канав чавмалли машинăсем, запаслă пайсем тăваççĕ. Хула варринчи площадь тăрăх Минскри трактор завочĕн нумай пин çынлă коллективĕн представителĕсем иртеççĕ. Октябрь уявĕ умĕнхи кунсенче «Беларусь» тракторсем нумай туса кăларма пуçланă. Малтан тунă тракторсене Грузи ССР-ĕпе Ростов облаçĕнчи машина-трактор станцийĕсене ярса панă.

Ташкентра Хĕрлĕ площадьре демонстрантсен йĕрки-йĕркипе пыракан колоннисем иртнĕ. Транспарантсем çине Ташкентри ĕççыннисем хамăрăн социализмла Тăван çĕршыва малалла чечеклентерессишĕн кĕрешсе тунă пысăк çитĕнÿсем çинчен çырнă.

Казахстан столици—Алма-Ата уява питех те капăрланса кĕтсе илнĕ. Демонстрантсен колоннисенче — машиностроительсемпе пир-авăр тĕртекенсем, трикотажниксемпе атă-пушмак çĕлекенсем. Хулари промышленноçăн 20 предприятийĕ ытла çулталăкри плана срокчен тултарнă. Хулари промышленность заданирен ирттерсе халăха куллен кирлĕ таварсем тата ытти йышши продукци темиçе миллион тенкĕлĕх туса кăларнă.

Тбилиси хулинче халăх уявĕсене яланах Ленин ячĕпе тăракан площадьре ирттереççĕ. Уяв кунĕнче унта темиçе пин ĕççынни пулнă. Пирĕн Тăван çĕршыври ĕççыннисен нумай нациллĕ çемйинче, аслă вырăс халăхĕ пулăшса пынипе, Грузи халăхĕ хăйĕн республикин экономикипе культурине аталантарас ĕçре çĕнĕ те çĕнĕ çитĕнÿсем тăвать.

Баку хулинчи демонстрацире Ленински, Сталински тата Шаумянски районсенчи нефтяниксен колоннисем малта пынă. Нумай плакатсемпе транспарантсем Азербайджанри халăхăн ĕçри çитĕнĕвĕсем çинчен пĕлтернĕ.

Советла Литва столицинче—Вильнюсра ĕççыннисем демонстрацире хăйсем социализмла ăмăртса ĕçленипе тунă çĕнтерÿсене палăртнă. Хулари чылай предприятисем çулталăклăх тата вунпĕр уйăхлăх программăсене срокчен тултарнă.

Кишиневри демонстрацире кашни çулхи пекех шкул ачисем малта пынă. Вĕсем хыççăн демонстрантсен нумай йышлă колоннисем иртнĕ. Плакатсемпе транспарантсем çинче Октябрь уявĕ умĕнхи социализмла ăмăрту итогĕсем çинчен çырнă.

Ригăра Сĕнтерÿ площадĕнче пулнă демонстрацире ытти ĕççыннисемпе пĕрле атă-пушмак çĕлекен «Эрглис» фабрикăри рабочисем те пынă. Ку фабрика Пĕтĕм Союзри социализмла ăмăртура пилĕк хутчен малта тухса СССР Министрĕсен Совечĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне илнĕ. Латви ССР-ĕнче халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларасси, 1940 çулхипе танлаштарсан, тăватă хут çурă ÿснĕ.

Демонстрацисем Фрунзе хулинче, Сталинабадра, Ереванре, Ашхабадра, Таллинра, Петрозаводскра пысăк çĕкленÿпе иртнĕ. Севастопольре — герой-хулара тинĕс-çар флочĕн парачĕ тата ĕççыннисен демонстрацийĕ пулнă. Çĕршыври ытти хуласенче те уяв чаплă иртнĕ.

Аслă Октябрь праçникне колхоз хресченĕсемпе механизаторсем чаплă та савăнăçлă уявланă.

Ставрополь крайĕнчи Петровски районти Константиновка ялĕнчи колхозниксем уява ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тунипе, колхозсен обществăлла хуçалăхне тĕреклетнипе кĕтсе илнĕ. Ялта висĕ пысăк колхоз. Вĕсем миллионшар тенкĕ тупăш илеççĕ. Ку колхозсем пурте обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана тултарнă. Колхозсене пуянлатма, ял культурине ÿстерме Константиновкăри МТС нумай пулăшать. Кăçал колхозсен уй-хир ĕçĕсене пĕтĕмпех комплекслă механизацилеме туса пынă. Халĕ машина-трактор станцине çĕнĕ çынсем—инженер-механиксем, агрономсем, зоотехниксем пынă. Вĕсем механизаторсемпе тата колхозниксемпе пĕрле кашни колхоз валли обществăлла хуçалăха çитес икĕ çул хушшинче аталантармалли план хатĕрлесе панă, çав плансене пурнăçлассишĕн тимлĕ ĕçлеççĕ.

Пур çĕрте те—хуласенче, рабочи поселоксенче, ялсенче, станицăсенче ноябрĕн 7-мĕшĕнче аслă совет халăхĕ хăйĕн моралле-политикăлла пĕрлĕхне, Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви таврачă пĕтĕçсе тăнине, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе малалла, коммунизм çĕнтерĕвĕ патне кайма, пĕтĕм тĕнчери мире сыхласа хăварассишĕн тата тĕреклетессишĕн кĕрешме хатĕр пулнине кăтартса пачĕ. (ТАСС).





## ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

# Кадрсене суйласа илес тата воспитани парас ĕçе лайăхлатмалла

Çĕрпӳ районĕнчи коммунистсем районти парторганизацин вăçăмри конференцине хуçалăхпа культура строительствине аталантарас ĕçре чылай ÿсĕмсем тунине кĕтсе пычĕç.

КПСС райкомĕн секретарĕ Д. Кирпичев юлташ конференцире тунă отчетлă докладра районти колхозсен организацине хуçалăх тĕлĕшĕнчен малалла тĕрекленни, промышленность предприятийĕсем, культурăпа йăла учрежденийĕсем хăйсен ĕçне лайăхлатни çинчен каларĕ.

Анчах умра пысăк задачăсем тăраççĕ. КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ партин тата Советсен вырăнти органĕсене ялхуçалăхне ертсе пырас ĕçе тĕпренех лайăхлатма хушрĕ. Райком руководствăна колхоз производстви патне тачăрах çывхартма кирлĕ таран тăрăшмасть-ха, колхозсенче, уйрăмах кая юлнă артельсенче ĕçсем мĕнле пынине тĕплĕн пĕлсе тăраймасть.

Конференци делегачĕсем райкомпа унăн пайĕсене ялти партилле-организацилле, партилле-политикăлла ĕçе паянхи задачăсен çÿлĕшне хăпартайманшăн хытă критиклерĕç.

Организацилле ĕçре чи кирли вăл — çынсене тĕрĕс суйласа илесси тата ĕçе мĕнле тунине тĕрĕслесси пулать. Ку тĕлĕшпе партин XIX-мĕш съезчĕ панă кăтартăва Çĕрпӳ райкомĕ халĕ те çирĕппĕн пурнăçласа пыраймасть, кадрсене суйласа илес ĕçре пысăк йăнăшсем тăвать. Çавна пула кадрсем улшăнса тăрасси чакмасть. Отчетлă тапхăрта райком номенклатуринче тăракан работниксенчен 34 процентĕ, вăл шутра колхоз председателĕсем çуррине яхăн улшăннă.

Нумай делегатсем райком колхозсенчи ертсе пыракан кадрсене тĕреклетесси çине сахал пăхнине палăртрĕç. Обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç артель хуçалăхĕн кая юлнă отраслĕ пулни пуриншĕн те паллă. Анчах çав кирлĕ отрасле ертсе пыма пултаруллă кадрсем уйăрса ярас тĕлĕшпе районта нимĕн те туман-ха.

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă постановление пурнăçласа, райкомпа райисполком колхозсене агрономсемпе зоотехниксем уйăрса ярас тĕлĕшпе кирлĕ мерăсем йышăнчĕç. Анчах çав пысăк мероприятие иртнернĕ чухне вĕсем колхозсен ыйтăвĕсене шута илмен, кая юлнă колхозсенче ĕçлеме опытсăр специалистсене уйăрса янă.

— Пирĕн артель кая юлнине, ăна квалификациллĕ пулăшу кирлине райкомпа райисполком лайăх пĕлеççĕ.— терĕ «Родина» колхоз председателĕ Архипов юлташ.— Анчах пирĕн колхозра ĕçлеме опытсăр работницăна уйăрса ячĕç.

Ленин ячĕпе тăракан колхоз хăйĕн обществăлла хуçалăхне çителĕклĕ аталантараймасть. Унта агрономипе зоотехника вĕрентнисене пурнăça кĕртсе пыраймаççĕ. Ку колхозра агроном пулса ĕçлеме Ильин юлташа уйăрса янă. Ильин юлташ 1940 çулта ялхуçалăх техникумĕнчен вĕренсе тухнă, анчах пĕр кун хушши те агроном пулса курман, юлашки вăхăтченех вăл налог инспекторĕ пулса ĕçленĕ. Çак колхоз председателĕ хăйсем патне янă специалистран пулăшу курманни çинчен каларĕ.

Çĕрпӳ районĕнче малта пыракан артельсем те сахал мар. Хрущев ячĕпе тăракан колхоз çинчен ырă хыпар инçетри таврана сарăлнă. Вăл çулленех кашни гектар пуçне çĕршер пăт тĕштырă пухса кĕртет, выльăх-чĕрлĕхрен пысăк тупăш илет. Государство селекци станцийĕ агротехникăлла мероприятисен пĕтĕм комплексне пурнăçа кĕртес тĕлĕшпе лайăх тĕслĕх кăтартать. Анчах райкомпа райисполком малта пыракансен опытне пур колхозсене те çитерессишĕн çине тăрса тăрăшмаççĕ, наукăпа практика çитĕнĕвĕсем çинчен пропаганда тăвас ĕçе районта тивĕçлипе организацилемен.

Колхозсене организацине хуçалăх тĕлĕшĕнчен тĕреклетес ĕçре ялсенчи пуçламăш парторганизацисен рольне ÿстерес вырăнне, колхоз председателĕсене хуçалăха тĕрĕс ертсе пыма пысăк чăтăмлăхпа вĕрентес вырăнне, райком административла мерăсем çине ытларах шанать, кирек мĕнле ĕç иртермелле пулсан та колхозсене уполномоченнăйсем ярас меслетпе усă курма васкать.

Конференци делегачĕсем Çĕрпӳ райисполкомне, унăн председательне П. Степанов юлташа ял Совечĕсене начар ертсе пынăшăн хытă критиклерĕç. Чылай ял Совечĕсем колхозсене ертсе пырассинчен пăрăнса тăраççĕ, вĕсенче ялхуçалăх ĕçĕсем мĕнле пынине те уçăмлăн пĕлмеççĕ.

Кая юлнă колхозсене МТС техникипе ытларах пулăшма кирли çинчен йышăннă решенисем сахал мар. Анчах вĕсем пурнăça мĕнле кĕрсе пынине райкомпа райисполком тăтăшах тĕрĕслесе тăмаççĕ. «Красный этновец» колхоз, тракторсем пулманнипе, суртрисене вăхăтра акайман. Агротехника тĕлĕшĕнчен чи лайăх срокcем иртсен, таврари колхозсем тĕштырăсене акса пĕтернĕ хыççăн «Красный этновец» колхоза пĕр харăс 4 трактор ярса панă. Кун пек тĕслĕхсем пĕрре çеç мар пулкаласçĕ.

«Родина» колхозра ирхи çĕртме тумасăр юлас хăрушлăх çитсе тăрсан, колхоз председателĕпе пуçламăш парторганизаци секретарĕ райкомпа райисполкомран пулăшу ыйтнă. Вĕсем вара МТС директорне çирĕп кăтарту панă. Нумай та вăхăт иртмен, «Родина» колхозăн çĕртме пуссине пĕр-икĕ кун хушшинче пурĕ 9 трактор пырса ларнă.

Хрущев ячĕпе тăракан колхозри, Çĕрпӳ вăтам шкулĕнчи пуçламăш парторганизаци секретарĕсем Васильевпа Смирнова юлташсем тата ытти делегатсем те районти парторганизацинче критикăпа самокритикăна çителĕксĕр сарса пынине палăртрĕç.

Калас пулать, ку тĕлĕшпе райком секретарĕ Кирпичев юлташ хăй те лайăх тĕслĕх кăтартмарĕ. Вăл хăйĕн отчетлă докладĕнче райком ĕçĕнчи çитменлĕхсене тарăннăн уçса палăртмарĕ.

Конференцире пурĕ 22 делегат тухса каларĕ. Вĕсем КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн решенийĕсене пурнăça кĕртмелле тăвас тĕлĕшпе нумай сĕнÿсем пачĕç.

Конференци райком ĕçне çителĕклĕ тесе хак пачĕ тата унăн çĕнĕ составне суйларĕ. Райкомăн организацилле пленумĕ бюро составне суйларĕ, райкомăн пĕрремĕш секретарĕ пулма Д. Кирпичев юлташа, райком секретарĕсем пулма В. Черновпа Ф. Николаева юлташсене суйларĕ.

Н. ВОЛКОВ.
(Хамăр корр.).



Кинопрокатăн Чăваш республикинчи конторĕ Шупашкарта çĕнĕ çурт лартнă.
ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Кинопрокат конторĕ лартнă çĕнĕ çурт.
В. ТИМКИН фотоÿкерчĕкĕ.

## Ялхуçалăх пĕлĕвĕсене пропагандăлас ĕçе вăйлатмалла

Политика тата наука пĕлĕвĕсене сарас тĕлĕшпе ĕçлекен Пĕтĕм Союзри обществăн Чăваш республикинчи уйрăмĕн правлени пленумĕ ялхуçалăх ыйтăвĕсем тăрăх иртерекен лекциллĕ пропагандăна лайăхлатасси çинчен сÿтсе яврĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ хăйĕн постановленийĕнче ялхуçалăх пĕлĕвĕсене тата малта пыракансен опытне сарас тĕлĕшпе иртерекен лекциллĕ пропагандăна тĕпренех лайăхлатма, çав ĕçе ученăйсене, ялхуçалăх специалисчĕсене анлăн явăçтарма хушнăччĕ. Унтанпа вăхăт чылай иртрĕ ĕнтĕ. Анчах Пĕтĕм Союзри обществăн Чăваш республикинчи уйрăмĕ ялхуçалăх пĕлĕвĕсене пропагандăлас ĕçе çав-çавах çителĕксĕр туса пырать-ха. Юлашки çулсенче çак ĕç начарланса пырать. Сăмахран, 1950 çулта 650 лекци иртернĕ пулсан, 1951 çулта—297 лекци, 1952 çулта — 235 лекци кăна иртернĕ. Кăçал общество енĕпе иртернĕ мĕнпур лекцисенчен 13 процентĕ кăна ялхуçалăх ыйтăвĕсем çинчен пулнă.

Обществăн хăшпĕр районсенчи уйрăмĕсем чăтма çук япăх ĕçлеççĕ. Куславккари, Хĕрлĕ Чутайри, Шăмăршăри уйрăмсем 1952—1953 çулсенче ялхуçалăх ыйтăвĕсем тăрăх пĕр лекци те иртермен.

Лекцисем вулас ĕçе ялхуçалăх специалисчĕсене, колхоз производствинче малта пыракансене сахал явăçтарнă. Çĕрçпе выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри паха опыта пропагандăлас тĕлĕшпе лекцисемпе стенограммăсем çителĕксĕр хатĕрленĕ, брошюрăсем те сахал пичетлесе кăларнă. Ялхуçалăхне механизацилес тата колхоз производствине организацилес ыйтусем тăрăх пĕр лекци те хатĕрлемен. Чылай лекцисен пахалăхĕ начар. Лекцисем иртернĕ чухне нагляднăй пособисемпе, вырăнти фактсемпе, республикăри малта пыракан колхозсен, механизаторсемпе колхозниксен опычĕпе усă курмаççĕ. Лекцисене чăвашла çырса хатĕрлемеççĕ, çавăн пирки чылай чухне вĕсем ялти ĕçсыннисен кăмăлне тивĕçтереймеççĕ.

Политика тата наука пĕлĕвĕсене сарас тĕлĕшпе ĕçлекен Пĕтĕм Союзри обществăн президиумĕн XI-мĕш пленумĕ районсенчи уйрăмсенче ялхуçалăх секцийĕсем организацилеме хушнă. Анчах обществăн Чăваш республикинчи правленийĕ çак кăтартăва пурнăçламан. Колхозсенче лекцисем вуласси çинчен тунă договорсене пурнăçламаççĕ. Çĕрпӳ районĕнчи колхозсенче кăçал 126 лекци вулама договор тунă пулнă, анчах 20 лекци кăна иртернĕ.

Ялхуçалăх наукисен кандидачĕ И. Владыкин юлташ общество членĕсем валли семинарсем ытларах иртерме сĕнчĕ. Пирĕн çапла тумалла, терĕ Владыкин юлташ, лекци итленĕ хыççăн колхозниксен пĕлĕвĕ ÿстĕр, лекцире каланă шухăшсемпе, сĕнÿсемпе вĕсем практикăлла ĕçре усă курма пултарччăр. Юлашки вăхăтра лекциллĕ пропаганда ĕçне ялхуçалăх институтĕнчи чылай студентсем активлă хутшăнма пуçларĕç. Çак паха пуçарăва сарса пымалла, студентсене ку ĕçре пулăшмалла.

Прениреялхуçалăх институчĕн доценчĕ, техника наукисен кандидачĕ А. Тарчевский, агроном Н. Никитин, обществăн Улатăр хулинчи уйрăмĕн председателĕ А. Матюшин, ялхуçалăх наукисен кандидачĕ Т. Кружилин, электроаппаратура завочĕн главнăй инженерĕ А. Буйволов, КПСС обкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕн заведующийĕн заместителĕ Д. Абашев тата ытти юлташсем тухса каларĕç.

Вĕсем çакна палăртрĕç: республикăри правлени президиумĕ ялхуçалăх ыйтăвĕсем тăрăх лекцисем иртерес ĕçе организацилесе ертсе пымасть. Обществăн ответлă секретарĕ К. Кузьмина юлташ тата референчĕ М. Лукина юлташ лекциллĕ пропагандăна лайăхлатас тĕлĕшпе оперативлă тата пĕтĕм вăя хурса ĕçлемеççĕ, районсенче ĕçсем мĕнле пулса пынине тĕплĕн пĕлмеççĕ. Çак критикăна тивĕçлипе йышăнса тĕрĕс вывод тăвас вырăнне, К. Кузьмина юлташ критикăлла асăрхаттарусене сирсе яма, правлени ĕçне лайăх енчен кăна кăтартма тăрăшрĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă постановленирен пирĕн социализмла ялхуçалăхĕ умне тухса тăнă задачăсене пропагандăлассн тата вĕсене пурнăçлама мĕнпур ĕçсыннисене мобилизацилесси лекциллĕ пропагандăн тĕп тĕллевĕ пулса тăрать. Ялхуçалăх пĕлĕвĕсене пропагандăлас ĕçе анлăн туса пыма пур условисем те çителĕклĕ. Ку ĕçе ялхуçалăх специалисчĕсене, çĕрçпе выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес енĕпе малта пыракансене ытларах хутшăнтарни кирлĕ.

Ялхуçалăх пропагандине лайăхлатас тĕлĕшпе пленум тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

* * *

Çитес вăхăтра политика тата наука пĕлĕвĕсем сарас тĕлĕшпе ĕçлекен Пĕтĕм Союзри обществăн II-мĕш съезчĕ пухăнать, çавна май пленум декабрĕн 12-мĕшĕнче, Шупашкарта, обществăн республикăри уйрăмĕн II-мĕш конференцине иртерме йышăнчĕ.

# Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнине республикăра уявлани

## Улатăр

Уяв умĕн хулари ĕçсыннисен савăнăçлă пухăвĕ пулса иртрĕ. Унта КПСС хула комитечĕн секретарĕ Еремин юлташ доклад туса пачĕ.

Ноябрĕн 7-мĕшĕ. Хулари площадьа лозунгсемпе тата плакатсемпе илемлетнĕ. Вăхăт 11 сехет. Демонстраци чугун çул çинче ĕçлекенсен колонни иртсе пынипе пуçланчĕ. Ку коллектив, уяв умĕнхи социализмла ăмăртăва хутшăнса, ĕçре пысăк ÿсĕм тунă. Чугун çул работникĕсем пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçлассишĕн малашне те ырми-канми ĕçлеме пулнине уççăн кăтартаççĕ. Пăравус деповĕн коллективĕ иртсе пырать. Кунти рабочисем, инженерсемпе техниксем производствăра пысăк хастарлăх кăтартаççĕ. Уяв умĕнхи ăмăртура мала тухнăшăн çак коллектива Хусан чугун çул управленийĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне панă. Депора ĕçлекенсен колоннинче пыракан паллă машинист Кондрашкин юлташ кăçал нормăран иртерсе 15 пин тонна груз турттарнă. Серебряков, Наумов машинистсем, Герасимов слесарь 10 уйăхри плана чылай иртерсе пурнăçланă.

Трибуна умĕпе хулари чи пысăк коллектив колонни — пăравуссем юсакан заводра ĕçлекенсем иртсе пыраççĕ. Заводри паллă слесарь Гущарин, тимĕрçĕ Сидоров, токарь Романов кăçал икĕ çулхи производство планне тултарнă.

Хулари ĕçсыннисем партипе правительство тавра тачă пĕтĕçсе тăнине, хамăрăн юратнă çĕршывра коммунизм тăвассишĕн тата хастарлăрах ĕçлеме хатĕр пулнине тепĕр хут уççăн кăтартса пачĕç.

## Канаш

Уяв умĕнхи социализмла ăмăртура хулари тăватă предприяти çулталăкри производство планне пурнăçларĕç. «Красный воин» артель коллективĕ 11 уйăхри плана тултарчĕ. Вагонсем юсакан завод уяв тĕлне планран иртерсе виçĕ вагон юсаса кăларчĕ. Уяв умĕнхи ăмăртура паровозниксем те хастарлă ĕçлерĕç. Вĕсем вунă уйăх хушшинче йывăр тиенĕ поездсем чылай илсе кайнă, нормăран иртерсе 880 тонна груз турттарнă.

Уяв умĕнхи каçхине ĕçсынни депутачĕсен Канаш хула Совечĕн савăнăçлă ларăвĕ пулчĕ. Унта хулари парти тата обществăлла организацисен представителĕсем, промышленность предприятийĕсемпе чугун çул çинчи стахановецсем, служащисем, учительсем, медицина работникĕсем пулчĕç. Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарни çинчен КПСС хула комитечĕн секретарĕ Новиков юлташ доклад туса пачĕ. Доклад хыççăн художествăлла пултарулăх коллективĕсен вăйĕпе концерт пулчĕ.

Ноябрĕн 7-мĕшĕнче хулари ĕçсыннисен пысăк демонстрацийĕ пулчĕ. Нумай йышлă колоннăсем трибуна умĕн иртсе хăйсем Коммунистсен партийĕпе Совет правительствине чĕререн юратнине, коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн ырми-канми ĕçлеме хатĕр пулнине кăтартса пачĕç.

## Çĕмĕрле

Октябрь тивлечĕпе ÿссе çитĕннĕ çамрăк хула уяв тумĕ тăхăннă. Площадьсене, урамсене, предприятисене, учрежденисене, пурăнмалли çуртсене хĕрлĕ ялавсемпе, лозунгсемпе илемлетнĕ, пур çĕрте те партипе правительство руководителĕсен портречĕсем курăнаççĕ.

Ноябрĕн 7-мĕшĕнче хулари ĕçсыннисем ирхине ирех урамсене тухрĕç. Хăйсен предприятийĕсемпе учрежденийĕсем умне пухăннă рабочисемпе работницăсем, инженерсемпе техниксем тата служащисем Сталин ячĕпе тăракан урам тăрăх Хĕрлĕ площаде пычĕç. Колоннăсем çинче КПСС Центральнăй Комитечĕ Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнă ятпа чĕнсе каланă лозунгсем.

Чи малти колонна пуçĕнче сĕтел-пукан комбиначĕнчи 4-мĕш цех коллективĕ пырать. Çак цехри рабочисемпе работницăсем, уяв ячĕпе ĕç вахтине тăрса, октябрь уйăхĕнчи производство планне пуринчен малтан пурнăçланă.

Комбинат коллективĕ хыççăн, ремесла училищинче вĕренекенсен колонни пырать. Училище ялавне вĕренÿ отличникĕсем Скориков, Бузуев, Ефимов çĕклесе пыраççĕ. Демонстрантсен колоннисем питĕ нумай. Çав кун ĕçсыннисем хăйсен çирĕп пĕрлĕхне çĕнĕ вăйпа хăватлăн кăтартса пачĕç.

Демонстрацие темиçе пин çын хутшăнчĕ.

## Сĕнтĕрвăрри

Районти ĕçсыннисем халăхсен аслă праçникне савăнăçлăн уявларĕç. Суховерфь, «Древообделочник» артель, Шуркассинчи промкомбинат коллективĕсем, уяв ячĕпе стахановла вахтăна тăрса, октябрь уйăхĕнчи плана иртерсе тултарчĕç.

Çулталăк хушшинче Сĕнтĕрвăрри хулин сăн-сăпачĕ те нумай улшăнчĕ. 1953 çулта хулара çĕнĕрен çичĕ урам хушăннă. Уяв тĕлне Гражданская урама чул сарса пĕтернĕ, çĕнĕ пысăк магазин уçнă.

Ноябрĕн 6-мĕшĕнче КПСС райкомĕпе ĕçсынни депутачĕсен район Совечĕн савăнăçлă ларăвĕ пулса иртрĕ.

Уяв кунĕ Майский площадьре ĕçсыннисен митингĕ пулса иртрĕ.

## Калинино

Уяв ыран тенĕ каçхине район центрĕнче ĕçсынни представителĕсен савăнăçлă ларăвĕ пулчĕ. Çавăн пекех районти пур колхозсенче те савăнăçлă пухусемпе вечерсем пулса иртрĕç. Ноябрĕн 7-мĕшĕнче район центрĕнче ĕçсыннисен демонстрацийĕ пулчĕ. Унта Калининăри рабочисемпе служащисемсĕр пуçне, «Правда», «Партизан» тата «Трактор» колхозсенчи колхозниксем те хутшăнчĕç.

Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнине уявланă кун районти колхозниксем, механизаторсем, ялхуçалăх специалисчĕсем, партипе правительство ялхуçалăхне вăйлатас, халăха кулленкирлĕ таварсем туса кăларас тĕлĕшпе лартнă пысăк задачăсене чыслă пурнăçлама пулса тепĕр хут сăмах пачĕç.

# Малта пыракансен опытне анлăнрах сарар

Предприятисенчи парти организацийĕсен пысăк та ответлă задачи вăл ĕçсыннисене пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана тултарма тата иртерсе тултарма мобилизацилесси пулать. Уйрăмах вĕсен рабочисен, инженерсемпе техниксен тата служащисен творчествăлла активлăхне ÿстерес, социализмла ăмăртăва тата ытларах вăйлатас, малта пыракансемпе новаторсен меслечĕсене сарас тĕлĕшпе куллен ĕçлемелле. Парторганизацисен стахановецсене, рационализаторсемпе изобретательсене çитменлĕхсене пĕтерме, ĕç тухăçлăхне малалла ÿстерсе пыма, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетме, таварсен пахалăхне лайăхлатма мобилизацилемелле.

Пăравуссем юсакан завод производство планне тăтăшах ăнăçлă тултарса пырать. Анчах завод ĕçĕнче пысăк çитменлĕх пулнă: продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетмелли заданисене пурнăçласа пыман. Çак çитменлĕхе пĕтерес тесе, парторганизаци уйрăм цехсенче, участоксенче перекетлĕх режимне, хуçалăх расчетне мĕнле пурнăça кĕртсе пынине, материалсем, топливо, ĕç вăйĕ мĕнле расходланинĕ, социализмла ăмăртура илнĕ обязательствăсене мĕнле пурнăçланине тĕрĕслесе тухнă.

Çав ыйтусене тĕплĕн тĕпчесе вĕреннĕ хыççăн продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетесси çинчен коммунистсен пĕрлехи пухăвĕнче сÿтсе явнă. Пуху дирекцин, цех руководителĕсен, партбюрон ĕçĕнчи çитменлĕхсене хытă критикленĕ, коллективăн творчествăлла активлăхне вăйлатмалли майсене палăртнă, хуçасăрлăха пĕтерме, шалти резервсемпе усă курма пулăшакан, коллектива мобилизацилекен решени йышăннă. Пуху хыççăн дирекцие партбюро организацилле-техникăлла ĕçсем чылай туса иртернĕ, коммунистсене цех руководителĕсене ятарласа заданисем панă.

Юлашки вăхăтра заводра инженерсемпе техниксем тата рабочисем хушшинчи туслăх тата ытларах çирĕпленчĕ. Технологи процесне çĕнетсе лайăхлатма, рационализаторла сĕнÿсем пама, изобретенисем шухăшласа кăларма бригадăсем чылай организациленĕ. Ку бригадăсенче тĕрлĕ профессипе ĕçлекен стахановецсем, рационализаторсем, изобретательсем, инженерсем, техниксем пураççĕ.

Бригадăсем металл, топливо, электроэнерги перекетлеме, ĕç тухăçлăхне ÿстерме, йывăр операцисене механизацилеме пулăшакан паха сĕнÿсем нумай параççĕ. Аслă технолог, коммунист А. Илюшин юлташ ертсе пыракан бригада пăравус хуранĕн пĕр детальне çĕнĕлле, хăвăртрах туса кăлармалли меслет шухăшласа кăларнă тата çав меслете пурнăçа кĕртнĕ. Ĕлĕкрех çав детале тимĕрçĕсем туптаса туса кăларнă. Çĕнĕ технологи тăрăх детале машинăсемпе штамплаca кăлараççĕ. Çавна пула ĕç тухăçлăхĕ чылай ÿснĕ. Кунсăр пуçне завод çулталăк вĕçленичченех 95 центнер металл, çулталăкра 27 пин тенкĕ перекетлет.

Шереметьев инженер ертсе пыракан бригада çĕнĕ йышши инструмент шухăшласа кăларнă. Çав инструмент детальсене хăвăртрах тата лайăхрах саваласа якатма, çулталăк вĕçленичченех çĕршер тенкĕ перекетлеме, ĕç тухăçлăхне 24 процент ÿстерме май парать. Юлашки вăхăтра 27 рационализаторла сĕнÿ пурнăça кĕртнĕ. Çавна пула завод çулталăкра 90 пин тенкĕ перекетлет.

Рабочисен творчествăлла активлăхĕ вăйланса пырать. Парторганизаци патриотла çĕнĕ пуçарусене пур майсемпе те сарма тăрăшать. Заводра халĕ металл пысăк хăвăртлăхсемпе саваласа якатас юхăм вăйланчĕ. Нумайăх пулмасть В. Колесов юлташ меслечĕпе усă куракансем нумайран та нумайрах. Халĕ çĕре яхăн стахановец çĕнĕлле ĕçлет, вĕсем куллен пахаран та паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ.

Токарно-механически цехри Федосеев токарь çĕнĕ йышши резецсем туса хатĕрлерĕ, чылай стахановецсене В. Колесов меслечĕпе палăштарчĕ. Çавăн хыççăн заводра ĕç тухăçлăхĕ чылай ÿсрĕ.

Уйрăмах пропагандистсем, докладчиксем, агитаторсем пысăк ĕç тунине палăртас пулать. Вĕсем рабочисене продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетнин пĕлтерĕшĕ çинчен, материалсемпе топливо, электроэнерги перекетлемелли майсем, çĕршыври паллă стахановецсен мелĕсем çинчен ăнлантарса параççĕ. Производствăлла канашлусенче, рабочисен пĕрлехи пухăвĕсенче перекетлĕх ыйтăвĕсем пысăк вырăн йышăнаççĕ. Заводра тухакан «Стахановец» хаçатпа цехсенчи стена хаçачĕсенче паха тĕслĕхсене пропагандăланă вăхăтрах рабочисем çитменлĕхсене хытă критиклеççĕ, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетмелли резервсемпе майсене палăртаççĕ.

Заводра техникăлла совет организациленĕ. Çав совет малта пыракансен опычĕсемпе меслечĕсене пĕтĕçтерме новаторсемпе рационализаторсен канашлăвĕсене час-часах иртерет, технологи карттисем çĕнĕрен туса хатĕрлет.

Цехсенчи парторганизацисем социализмла ăмăртăва куллен ертсе пыраççĕ, ăна тата анлăрах сарма, илнĕ обязательствăсене чыслă пурнăçласа пыма паха майсем туса пама тăрăшаççĕ. Производствăра ĕçлекен коммунистсем пурте нормăна ăнăçлă тултараççĕ. Вĕсенчен чылайăшĕ паллă рационализаторсемпе изобретательсем, новаторсем.

Çавăн пек организацилле-техникăлла ĕçсем туса иртерни завода производствăпа финанс планне пахалăх енчен те лайăхрах тултарса пыма май туса пачĕ. Кăçалхи пĕрремĕш кварталта завод пăравуссене юсас ĕçĕн хăйне ларакан хакне йÿнетмелли задание пурнăçлайман. Апрель уйăхĕнчен пуçласа вара вăл продукцин хăйне ларакан хакне чакармалли плана тăтăшах иртерсе тултарать, материалсем, топливо, электроэнерги чылай перекетлет.

Малта пыракансен опычĕпе меслетне пĕтĕçтерсе сарас тĕлĕшпе атă-пушмак фабрикинчи парторганизаци те паха тĕслĕхсем кăтартать. Фабрика хаклă материалсенчен продукци туса кăларать. Çавăнпа парторганизаци коллектива материалсем ытларах перекетлеме, продукци пахалăхне лайăхлатма мобилизацилет. Кунта коммунистка М. Дудрова закройщица сăранпа пир-авăра тĕрĕс касас тĕлĕшпе пысăк çитĕнÿсем тунă. Парторганизаци Дудрова юлташăн паха мелĕпе пуçарăвĕ çинчен ятарласа коммунистсен пĕрлехи пухăвĕнче сÿтсе явнă. Пуху стахановка опытне ытти закройщиксем хушшинче сарма йышăннă. Парторганизаци сĕннипе дирекци сăранпа пир-авăра тĕрĕс касмалли меслете тĕпчесе пĕтĕçтерме ятарласа комисси уйăрнă. Комисси хатĕрленĕ материала типографире пичетлесе кăларнă. Дудрова юлташ хăйĕн опычĕ çинчен стахановла шкулта, производствăлла канашлусенче, стена хаçатĕнче тăтăшах каласа парать, ытти работницăсене юлташла пулăшать.

Халĕ фабрикăра вуншар работница материалсене çĕнĕлле касса хатĕрлет тата перекетлет. Коммунистка М. Варгина юлташ кăçалхи тăхăр уйăх хушшинче 7.748 тенкĕлĕх, К. Кулыгин раскройщик—7.403 тенкĕлĕх, путтуша касакан А. Сазонов юлташ 10.640 тенкĕлĕх материал перекетленĕ. Фабрика пĕтĕмĕшпе тĕрлĕ материалсем пурĕ 82.190 тенкĕлĕх перекетленĕ. Перекетленнĕ материалсенчен килте тăхăнмалли 3.300 мăшăр туфли тата 3.200 мăшăр чуяк çĕлесе кăларнă.

КПСС хула комитечĕ малта пыракансен опычĕпе пуçарăвне сарас ĕçе пысăка хурса хаклать, предприятисенчи парторганизацисен организаторла рольне ÿстерсе пыма тăрăшать. Предприятисенче социализмла ăмăртăва мĕнле йĕркелесе ертсе пыни, новаторсен опытне сарма мĕнле майсем туса пыни, пахалăх кăтартăвĕсене фабрикăсемпе заводсем, стройкăсем мĕнле пурнăçласа пыни çинчен хула комитечĕн бюро ларăвĕсенче, партипе профсоюз активĕн пухăвĕсенче час-часах сÿтсе яватпăр. Хула комитечĕн работникĕсем предприятисенче тăтăшах пулаççĕ, пуçламăш парторганизаци секретарĕсене социализмла ăмăртăвăн çĕнĕ формисемпе патриотла пуçарусене сарма пулăшаççĕ. Промышленноçпа транспорт предприятийĕсенчи парторганизаци секретарĕсен семинарĕсенче экономика ыйтăвĕсене тата малта пыракансен опытне сарас ĕçе мĕнле йĕркеленине сÿтсе яватпăр, паха сĕнÿсем паратпăр.

Производство новаторĕсен пуçарăвĕсемпе мелĕсене пĕтĕçтерсе сарас ĕçе лайăхлатас тесе стахановецсен, рационализаторсен, инженерсемпе техниксен, мастерсен хулари пухăвĕсемпе канашлăвĕсене иртеретпĕр. Унта новаторсем хăйсен опычĕпе шухăш-туйăмĕсем çинчен каласа параççĕ, творчествăлла пуçарулăха ÿстерсе пыма чăрмантаракан кăлтăксемпе сăлтавсене палăртаççĕ, çĕнĕ пуçарусем çине бюрократла пăхакансене критиклеççĕ, паха сĕнÿсем параççĕ. Çавăн пек пухусемпе канашлусем предприятисенче ĕçлекенсен опытне пуянлатать, хула комитетне тата хуçалăх руководителĕсене производствăри çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтерме, çĕнĕ пуçарусене сарма пулăшать.

Кăçалхи сентябрь уйăхĕнче иртернĕ канашлура виçĕ рационализатор, тăватă стахановец, тăватă инженер тухса каларĕ. Пăравуссем юсакан заводри Каралов инженер резецсене автогенпа усă курса çĕнĕ майпа туса хатĕрлени çинчен каласа пачĕ. Вăл каласа панине пурте тулли кăмăлпа итлерĕç. Канашлу хыççăн пăравуссем юсакан завод металран тĕрлĕ йышши япаласем тата детальсем туса кăларакан предприятисене резецсем туса хатĕрлемелли технологи карттисем тата тĕрлĕ инструкцисем пачĕ. Халĕ хулари чылай предприятисенче резецсене çĕнĕлле тăваççĕ, çавна пула станочниксем ĕç тухăçлăхне ÿстереççĕ, детальсен пахалăхне лайăхлатаççĕ.

КПСС хула комитечĕ малта пыракан предприятисен тата уйрăм новаторсен опычĕпе меслетне анлă сарма тăрăшать. Вăл тĕлĕшрен хулари хаçат та сахал мар ĕçсем туса иртерет. Вырăнти промышленноçпа промысла кооперацийĕн предприятийĕсенче çуралакан патриотла пуçарусене хула Совет исполкомĕ сарма тăрăшать.

Çÿлерех асăннă тĕслĕхсем КПСС хула комитечĕн тата парторганизацисен ĕçĕнче çитменлĕхсем çуккине пĕлтермеççĕ. Хăшпĕр хуçалăх тата парти руководителĕсем малта пыракансен опычĕпе вăхăтран вăхăта çеç интересленеççĕ, çĕнĕ пуçарусене сăмахпа ырланипех çырлахтарма пăхаççĕ, рационализаторсене, новаторсене паха майсем туса пама тăрăшмаççĕ. Пĕлтĕр Рузаевкăри чугун çул работникĕсен пуçарăвĕпе Хусан чугун çулĕн Улатăрти отделенийĕнче поездсене ятлă график тăрăх çÿретессишĕн ăмăрту пуçланса кайрĕ. Çавăн хыççăн пăравуссемпе вагонсен çаврăнăшĕ ÿсрĕ. Поездсене ятлă график тăрăх илсе çÿренин пĕлтерĕшĕ пысăккине пурте туйса илнĕччĕ. Анчах отделенири политотдел, узелти партком тата отделени руководителĕсем çĕнĕ юхăма часах манчĕç.

Коммунистсен партийĕпе правительство совет халăхĕн вĕçĕмсĕр ÿсе пыракан материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене пур енчен те тивĕçтерессине пысăка хурса хаклаççĕ, социализмла промышленноçпа транспорт предприятийĕсем умне пысăк требованисем лартаççĕ. Çавна асра тытса, хулари предприятисемпе транспорт организацийĕсенче ĕçлекен рабочисем, инженерсем, техниксем, служащисем хăйсен творчествăлла активлăхне иртнĕ хăватпа вăйлатаççĕ, коммунизм строительствинче çĕнĕ çитĕнÿсем тăвассишĕн кĕрешеççĕ.

И. ЕРЕМИН,
КПСС Улатăр хула комитечĕн секретарĕ.

# Малтанхи утăмсем

## 1. Ялсене специалистсем килсен...

— Пусăри шухăшсем те çĕнелчĕç, куççем те мала пăхакан, ытларах та анлăрах куракан пулчĕç,—терĕ Иванова юлташ, хăй ĕçлекен «Победа» колхозăн уйĕнчен тин çеç таврăннă хыççăн канма ларса.

Иулия Ивановна колхоза агроном пулса ĕçлеме КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ хыççăн пынă. Унччен вăл районти ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕнче ĕçленĕ.

Уйра çеç мар, паян вăл МТС-ра та пулнă. Колхозăн вăрлăхĕсем таса мар пирки кондицие ларман. Агроном çак çитменлĕхе çийĕнчех пĕтерме задача лартнă. МТС директорĕ патне вăл трактор вăйĕпе ĕçлекен пысăк сортировка илес ыйту пирки çитнĕ.

Агрономпа чылай калаçма май килмерĕ, вăл ялхуçалăх специалисчĕсен республикăри виçĕ кунлăх семинарне тухса кайрĕ. Унăн колхоз руководствинчи ĕçĕсемпе пире колхозниксем хăйсем паллаштарчĕç.

— Халĕ ĕнтĕ,—тет артель председателĕ Василий Матвеевич Матвеев,—уйхир бригадирĕсем, выльăх-чĕрлĕх пăхакансемпе колхозниксем кăтартусемпе ĕçлĕ сĕнÿсене манран çеç мар, агрономран та илеççĕ. Вăл хăйĕн ĕç вăхăтĕн пысăк пайне уйра, уй-хир бригадисемпе трактор бригадисенче ирттерет. Ахальтен мар ĕнтĕ, кĕрхи çĕртмене пĕлтĕрхинчен ирттерех ирттертĕмĕр, тăрăнрах сухаласа хăвартăмăр.

Яла килнĕ хыççăн агроном хăйĕн ĕçне колхозăн халиччен çитĕнĕвĕсемпе çитменлĕхĕсене тĕпченинчен, усă курман майсене палăртнинчен тытăннă. Вăл пулăшнипе колхозра çĕрĕçĕн культурине хăпартмалли, выльăх-чĕрлĕх тухăçне ÿстермелли мероприятисем палăртнă.

Колхозăн Шетмĕ шывĕ тăрăхĕнчи айлăмра тухăçлă пахча çимĕç ÿстерме паха çĕрсем пур. 2-мĕшпе 5-мĕш уйсенче çĕрĕн çиелти сийне çулсеренех çурхи шыв юхтарса кайнă, тислĕк тăкса çемçетни те усăсăр пулнă.

— Агроном сĕннĕ тăрăх,—ăнлантарса пама тытăнчĕ Матвеев юлташ, кăранташпа колхозăн план-картти çине кăтартса,—çак вырăнта, шыв тăрăх канав чаватпăр, унпа юнашар 120 сантиметр çÿлĕш купаласа ейÿ тухасран сыхланмалли çул тăватпăр. Шăвармалли система та пулать.

Çак ĕçе туса ирттерсен, пахча çимĕç лартакан лаптăк чылай ÿсет. Çакна май пахча çимĕçĕнчен илекен тупăш та чылай ÿсмелле.

Агроном пулăшнипе килес çул курăксем акмалли вунă уйлă пусă çаврăнăшне йĕркене кĕртсе çитермелли майсене палăртнă.

— Пусă çаврăнăшĕн кусса пыракан таблицине çĕнĕрен пăхса тухса тÿрлетрĕмĕр,—тет колхоз председателĕ.—Нумай çул ÿсекен курăксем акмалли лаптăка чылай пысăклатмалла.

Халиччен пĕр уйрах пĕчĕк лаптăксем çине нумай тĕслĕ культурăсем акнă. Ăна пĕтеретпĕр. Пĕр тĕслĕ культурăсене сапаласа мар, пĕр çĕререх акассине йĕркелетпĕр.

— Çĕре йĕркесĕр, вăл мĕн ыйтнине тĕплĕ пĕлмесĕр, удобренисем парассине пĕтеретпĕр,—тет М. Дмитриев бригадир.—Халиччен хăшпĕр уйсене пĕрмай тислĕк тăкнă, çав вăхăтрах инçетри хăшпĕр уйсем ăна тахçантанпах курман. Е тата хура çĕре хăйăрлă-тăмлă çĕрсенчен ытларах тислĕк тивни те пулнă.

— Эпир те, выльăх-чĕрлĕх работникĕсем, яла специалист яланлăхах ĕçлеме килсен пысăк пулăшу туйса тăма тытăнтăмăр,—калаçăва хутшăнчĕ ĕне фермин заведующийĕ Иван Филиппов коммунист.

Агроном пулăшнипех выльăх апачĕн балансне турĕ. Кашни ĕнене 5 тонна силос, 4 тонна çĕрулми, 2 тонна кăшмансем çитермелле. Çак сĕтеклĕ апатсем пĕлтĕрхинчен чылай нумайрах. Ĕнесем валли пĕлтĕр çулса илнĕ мĕнпур утăн 40 процентне уйăрнă пулнă. Кăçал вара, утă 1,5 хут нумайрах пухса кĕртнĕ пулин те, мĕнпур утăн 60 процентне ĕне фермине актпа панă.

— Задани илнĕ тăрăх,—тет Филиппов юлташ,—килес çул кашни ĕнерен 1.400 литр сĕт суса илмелле. Эпир задание 200 литр ирттерсе тултарма май пур тесе шутлатпăр. Кăçалхи 9 уйăх хушшинче кашни ĕнерен пĕлтĕрхинчен 30 процент ытларах сĕт суса илнĕ.

Çакна палăртмасăр хăварма çук. Обязательнăй поставка планне пурнăçланă хыççăн государствăна 30 пин литр сĕт сутса кăçал грузсем турттармалли автомашина туяннă. Халĕ прицеп илме каллех 15 центнер аш сутнă.

Колхозра обществăлла хуçалăха çитес 2—3 çул хушшинче аталантармалли план тума тытăннă. Кашни 100 гектар çĕр пуçне 10 ĕне усрама, ĕнерен 2.500 литр таран сĕт суса илме, гектар çĕртен илекен мĕнпур тупăша икĕ хут ытла ÿстерме палăртнă.

* * *

Парти чĕннĕ хыççăн районта 20 специалист ытла ялсене ĕçлеме яма ыйтса заявленисем панă. Халĕ 31 колхозра 27 агроном тата зоотехник ĕçлет. Тата 4 специалист илсе çитереймен-ха.

## 2. Мастерскойри хĕрÿ ĕçсем

Машина-трактор станцийĕн темиçе гектарлă пысăк картишĕ тавра çĕнĕрен карта тытса тухнă. Пысăк лаптăк çине сад тума кĕркунне пиншер тĕп улма-çырла йывăççисем лартнă. Çĕнĕрен тунă икĕ хваттерлĕ çурта часах механизаторсен çемйисем пурăнма куçмалла.

Электростанци ĕçлеме тытăннă. Машинăсемпе станоксен шавĕ заводри пек кĕрлесе тăрать.

— Юсав ĕçĕсене йĕркеленĕ чухне иртнĕ çулхи йăнăшсене шута илтĕмĕр,—ăнлантарма пуçларĕ МТС директорĕ Иван Андреевич Андреев.

Мастерской çĕнĕ оборудованипе пуянланнă. Монтажнăй залра, ак, пуç тăрринче куçса çÿрекен кран курăнать. Ытти çулсенче йывăр япаласене пĕр çĕртен тепĕр çĕре урапа çине тиесе куçарнă пулсан, халĕ крана пĕр çын çăмăллăнах чуптарать. Урайне йывăç шашка сарса хытарнă, хăйăрпа якатнă.

Иртнĕ кĕркунне токарнăй цех пĕр пĕчĕк пÿлĕмреччĕ, унта çĕнĕ станоксене вырнаçтарса вĕсемпе усă курма та вырăн çитмесчĕ. Ĕçлеме те тăвăр пулнă ун чухне. Çав вăхăтрах мастерскойăн пĕр ислă пÿлĕмĕнче запаслă пайсен склачĕ вырнаçнăччĕ. Çав склада урăх çĕре куçарса пÿлĕмре токарнăй цех туса хунă.

— Кунта ĕçлеме те кăмăллă, çутă та, ăшă та, таса та,—тет Сергеев механизатор.

Çулла вăл бригадир помощникĕ пулса ĕçленĕ, халĕ цеха токарь пулса ĕçлеме килнĕ. Цехра тĕрлĕ станоксем вуннă ытла, вĕсемпе пĕтĕмпе те икĕ çын ĕçлесе ĕлкĕрет.

Столярнăй цехра тин çеç илсе килнĕ пысăк станока вырнаçтарса пĕтерчĕç. Электромонтерсем мотор патне пралуксем карса килме пуçларĕç. Паян-ыран столяр комбайнăн йывăç пайĕсене механизациленĕ çĕнĕ станок çинче туса якатма тытăнать.

Çĕнĕ станоксемпе оборудование вырнаçтарса лартас тĕлĕшпе механизаторсем лайăх ĕçленĕ, рационализаторла сĕнÿсем чылай панă.

— Антон Павлов механик сĕнĕвнех илер,—тет МТС директорĕ.—Вăл кĕркуннепе хĕллехи сезонта пиншер тенкĕлĕх топливо, ĕç вăйĕ перекетлеме май парать. Халиччен двигательрен вĕри шыв тулти резервуара сивĕнме тÿрех тухатчĕ. Павлов юлташ çак шывпа станци çуртне тата юнашарти икĕ цеха ăшăтмалла тума сĕнÿ пачĕ. Халĕ вăл ертсе пынипе çак ĕçе туса çитеретпĕр. Двигательри вĕриленнĕ шыв пăрăх тăрăх тимĕр баксене, малтан—станци çуртĕнчи бака, унтан — радиаторсем юсаса тĕрĕслемелли цехри бака, юлашкинчен — моторсене сивĕлле е вĕрилле тĕрĕслемелли цехри бака куçса пырать, унтан тин тулти резервуара сивĕнме юхса тухать. Цехсене вырнаçтарнă баксем вăра пÿлĕме ăшăтмалла.

Механизаторсем хĕрÿ ĕçре. Юсав ĕçне узловой меслетпе йĕркеленĕ. Кашни çын хăйĕн вырăнĕнче, узелта пĕр-пĕр ĕç тăвать.

Тимĕрçĕ А. Матвеев трактор çинчи кăткăс пайсене те хăех тăвать. «Инструментсем çитмеççĕ», тесе вăрçакансем те çук. Вĕсене тимĕрçĕ лаççинчех хатĕрлеççĕ. Кăçал вăл хăйĕн вĕркĕчне механизацилерĕ, вучахра çĕркăмрăкĕ çунтармалла турĕ. Электричествăпа ĕçлекен мăлатука вырнаçтарнă хыççăн унăн ĕçĕ татах çăмăлланнă, лайăхланнă.

Трактор пайĕсене çуса тасатакан узелта ĕçлекенсем те кулленхи нормăна чылай ирттерсе тултараççĕ.

Ĕçĕн пур участокĕсенче те çĕнĕлле ĕçлесшĕн, парти кăларса тăратнă задачăсене пурнăçласшăн кĕрешекен çынсене куратăн.

**Н. ОРЛОВ,**
(Хамăр корр.).

Красноармейски районĕ.

### Колхозниксен вĕренĕвне тивĕçлипе организацилеме вăхăт

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ «ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановленире çапла калать: «Виçĕ çул вĕренмелли агрозоотехника курсĕсен ĕçне нумай лайăхлатмалла, колхозниксемпе совхозсенчи рабочисене вĕрентес ĕçре формализма пĕтермелле, курсра вĕренекенсене малта пыракан майсемпе ĕçре усă курма хăнăхтарса, колхозсемпе совхозсен производство ĕçне лайăхлатмалла».

Партин çакă пахаран та паха кăтартăвне КПСС Калинино райкомĕ, райисполком тата ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕ мĕнле пурнăçлаççĕ-ха?

Пурнăçламаççĕ тесен ытлашширех пулĕ, анчах ĕçсем нимĕн чухлĕ те малалла кайман тесен вырăнлă пулать.

Иртнĕ çулта районти колхозсенче агрозоотехника курсĕсенче 839 çын вĕренмелле пулнă. Вĕренÿ çулĕ вĕçленнĕ тĕле пурĕ те 324 çын кăна тăрса юлнă.

Çак пысăк йăнăша шута илсе, кăçалхи вĕренÿ çулне хатĕрленесси çине районти ертсе пыракан организацисен тимлĕн пăхмалла пулнă ĕнтĕ. Анчах ĕçре ун пек туни курăнмасть.

Кăçал районта пурĕ агротехникăна вĕренме 12 ушкăн, зоотехникăна вĕренме 22 ушкăн организацилеме палăртнă. Паянхи куна çак шутран пурĕ те 16 ушкăн кăна йĕркелесе «çитернĕ».

Çак 16 ушкăнран виççĕшĕнче кăна вĕренÿ çулне тытăннă. Вĕсенче те... пĕрер занятии çеç пулнă.

Çак факт вăл КПСС райкомĕ, райсовет исполкомĕ, ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕ тата МТС колхозниксен вĕренĕвĕ çине пачах тимсĕр пăхни çинчен калать.

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн решенийĕсем тата СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ ялхуçалăх ыйтăвĕсем тăрăх йышăннă постановленисем колхозниксен производствăлла тата политикăлла активлăхне нихçанхинчен ытла ÿстерчĕç. Колхоз ĕçченĕсем çакна лайăх ăнланаççĕ: колхоз производствине совет наукин çитĕнĕвĕсемпе малта пыракан опыта кĕртсе пымасăр вăйлă тырпул туса илме те, йышлă та тухăçлă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетме те çук. Колхозниксем вĕренесшĕн. Анчах Калинино районĕнче паянхи куна çитсе те вĕсен вĕренĕвне тивĕçлипе организацилеме тăрăшни нихăш организаци енчен те курăнса каймасть-ха.

**М. ВАСИЛЬЕВ,**
(Хамăр корр.).

### „Коммунизм ялавĕ" хаçатра çырнă хыççăн

**«ÇĔРУЛМИ ИЛМЕ ЯПАХ ХАТĔРЛЕННĔ»**

Октябрĕн 10-мĕшĕнче «Коммунизм ялавĕ» хаçатра «Çĕрулми илме япăх хатĕрленнĕ» ятлă заметка тухрĕ. Унта Елчĕкри крахмал завочĕ çĕрулми илме тĕплĕн хатĕрленменни çинчен пĕлтернĕччĕ.

Елчĕк райсовет исполкомĕ заметкăра кăтартнă фактсем тĕрĕс пулни çинчен пĕлтерчĕ. Крахмал заводĕнчи çитменлĕхсене пĕтерме тивĕçлĕ мерăсем йышăннă, купасенчи çĕрулмине витсе усрама çителĕклĕ улăм илсе пынă, завод патне пыракан çулсене юсанă тата ытти ĕçсем те тунă.

### Пионерсемпе шкул ачисем валли паракан передачăсем çинчен

Чăваш АССР Культура министерствин радиоинформаци пайĕ пионерсемпе шкул ачисем валли паракан передачăсенче «Хатĕр пул» радиожурнал тĕп вырăн йышăнать.

Передачăсене ачасем кăмăлласа итлеççĕ. Çав передачăсем вĕсене ĕçе юратма, лайăх вĕренме, коллективщăн тăма, яланах тÿрĕ кăмăллă та хăюллă пулма вĕрентеççĕ. Ачасем Тăван çĕршыври, республикăри пионерсемпе шкул ачисен, халăх демократи çĕршывĕсенчи ачасен телейлĕ те савăнăçлă пурнăçĕпе паллашаççĕ, капитализмла çĕршывсенчи ачасен асаплă та хĕн-хурлă пурнăçĕ çинчен пĕлеççĕ. Ачасем наукăпа техникăн, литературăпа искусствăн çĕнĕ хыпарĕсене пĕлеççĕ. Çак передачăсем ачасен тавракурăмне пысăклатаççĕ, социализмла çĕршыва юратма вĕрентеççĕ. Анчах çавăн пек передачăсем халлĕхе сахалтарах-ха.

Микрофон умĕнче учительсемпе агрономсем, инженерсем, культура, наукăпа техника работникĕсем тухса калаçаççĕ. Вĕсем пионерсемпе шкул ачисене нумай паха сĕнÿсем параççĕ, вĕсемшĕн усăллă ĕçсем çинчен каласа параççĕ.

Анчах та ачасем валли йĕркелекен передачăсенче çитменлĕхсем те сахал мар. Радиожурналти материалсем пĕр еверлĕ, кичем пулни çинчен асăнмасăр иртме май çук.

Ачасен пурнăçĕнчи тĕп ыйту вăл—вĕренÿ. Пионер организацийĕн ĕçĕ вĕренÿпе уйрăмах тачă çыхăнса тăрать. Савăнпа та радио итлекен пионерсемпе шкул ачисем хăйсем валли йĕркеленĕ передачăсенче шкул пурнăçне тĕплĕн те уççăн кăтартса парасса кĕтеççĕ. Вĕсене шкулта пĕр-пĕр ĕç туни çинчен кĕскен пĕлтерни мар, çав ĕçе мĕнле тунине фактсемпе, тĕслĕхсемпе çирĕплетсе пани, çăмăл чĕлхепе каласа пани интереслентерет. Ачасем валли шкулта лайăхрах вĕренме пулăшакан, умра тăракан йывăрлăхсене çĕнтерме вĕрентекен материалсем ытларах памалла.

Художествăлла вещани редакцийĕ çак тивĕçе мĕнле пурнăçласа пырать-ха? Калас пулать: халлĕхе пачах çителĕксĕр.

Республикăри чылай шкулсенче вĕрентÿпе воспитани ĕçĕ çителĕксĕр пулса пырать. 1952—1953 вĕренÿ çулĕнче вĕренÿре ĕлкĕрсе пырайман ачасен шучĕ нумай пулнă, вĕсенчен чылайăшне кĕркунне экзамен тытма хăварнă. Художествăлла вещани редакцийĕ çак çитменлĕхе асăрхайман. Июль, август уйăхĕсенче радиопа панă передачăсенче çак ыйтăва çутатни пулманпа пĕрех.

Канаш районĕнчен Витя Грачов çуркуннехи экзаменра вырăс чĕлхипе начар паллă илни çинчен çырнă, кĕркуннехи экзамена лайăхрах тытас тесен мĕнле хатĕрленмелли çинчен каласа пама ыйтнă. Чăн та, редакци унăн ыйтăвне шута илнĕ. Витя ыйтăвĕ çине ответлес шутпа микрофон умне тухса калама Сĕмĕрле районĕнчи Чăваш Улхашри çичĕ çул вĕренмелли шкул директорне В. Д. Ортиков юлташа чĕннĕ. Анчах Ортиков юлташ хăйĕн сăмахĕнче нимĕнле усăллă канаш та парайман. Вăл кĕркуннехи экзамен тытма хăварнă ачасен кунĕ-кунĕпе урамра чупса çÿреме юраманни, кашни кун икшер е виçшер сехет вĕренме кирли çинчен, учитель вĕсемпе занятии ирттернĕ чухне унăн сăмахне тимлĕн итлесе лармалли çинчен икĕ-виçĕ предложенипе кăна каланă. Паллах, ун пек сĕнÿ вĕренекенсене нумаях усă пама пултарайман. Вĕренекенĕн кун йĕрки мĕнле пулмалли çинчен, йывăртарах темăсем тăрăх экзамена мĕнле хатĕрленмелли çинчен тĕплĕн каласа панă пулсан, вĕренекенсем çав паха канашсемшĕн мĕн тери тав тулă пулĕччĕç.

Радиовещани хăйĕн передачисенче шкулпа пионер организацийĕсен ĕçĕ çинчен, вĕренÿ тата ачасем пĕр-пĕрне пулăшни, шкулти кружоксен, пионер дружинисемпе отрядсен паха ĕçĕсем çинчен, партипе правительство ачасемшĕн тăрăшни çинчен питех те лайăх, ăнланмалла каласа пама пултарать. Ку енĕпе вара çитменлĕхсем сахал мар-ха.

Ачасем валли паракан концертсен программисене лайăх юрăсене кĕртеççĕ, çавах та концертсен пахалăхне тата лайăхлатма май пур. Передачăсенче шкулсенчи художествăлла пултарулăх кружокĕсен концерчĕсене илтеймĕстĕн, ача сурчĕсемпе республикăри пионерсен çуртĕнчен паракан репортажсем çук. Сăмах майăн каласан, юлашки уйăхсенче ача сурчĕсем çинчен художествăлла вещани редакцийĕ пĕр сăмах та шарламарĕ.

Редакци ĕçĕ ăнăçлă пулса пытăр тесен корреспондентсемпе авторсен активĕ йышлă пулмалла. Микрофон умĕнче часчасах учительсемпе пионер вожатăйĕсем, производство новаторĕсем, писательсемпе поэтсем, ялхуçалăх специалисчĕсем тухса каламалла. Анчах ку енĕпе художествăлла вещанин редакцине мухтама май çук, корреспондентсем йышĕ сахал.

Халăхсен туслăхĕ, совет патриотизмĕ çинчен панă передачăсем çукпа пĕрех. Ачасем тÿрĕ кăмăллă пулни çинчен каласа паракан передачăсем те çук.

Передачăсене вăхăтра пани те пысăк вырăн йышăнать. Вăхăтра паман передачăн пахалăхĕ çухалать. Сăмахран, сентябрĕн 7-мĕшĕнче ачасене вĕренÿ çулĕ пуçланни, Мускаври Ленинские горы текен вырăнта университет уçни çинчен пĕлтернĕ. Ун çинчен сентябрĕн 3-мĕшĕнче ирттернĕ передачăра калама май пулман-ши вара?

СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ пулса иртни çинчен ачасем августăн 17-мĕшĕнче кăна, урăхла каласан, сесси хупăннă хыççăн 9 кунтан илтерĕç. КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ пулса иртни çинчен вара сентябрĕн 21-мĕшĕнче кăна пĕлтернĕ. Партипе правительствăн решенийĕсем çинчен радио итлекенсене 10—15 кунтан кăна пĕлтерни художествăлла вещани редакцийĕн пысăк çитменлĕхĕ пулса тăрать.

Чĕлхе пирки. Нумай передачăсенче грамматикăлла тата стилистикăлла йăнăшсем, сăмах пĕлтерĕшне пăсса çырнă вырăнсем тĕл пулаççĕ. Сăмахран, Н. Евдокимова Л. Таллерова корреспонденцийĕнче çавăн пек вырăн тĕл пулатăн: «Хăйсем çине те 15 центнер тимĕр-тăмăр пухма обязательство илчĕç». «Автоматла станок» вырăнне «автоматикăлла станок», «банан» вырăнне «панан», «Бĕтне» (юханшыв) вырăнне «Бетне», тепринче «Бĕтнĕ» тенĕ. Чĕлхери çавăн пек кăлтăксем радио итлекенсене кÿрентереççĕ.

Ачасен вещанийĕ енĕпе ĕçлекен работниксен задачи—шкулпа çемьене, ÿссе пыракан çамрăк ăрăва воспитани парас пулăшасси. Çакна асра тытса, вĕсен ачасене кулленех кирлĕ кăтартусемпе сĕнÿсем памалла, ачасене чĕнсе каланă кашни передачăпа, кашни сăмахпа партипе государствăна, Тăван çĕршыва юратма вĕрентмелле.

## ВЫЛЬĂХ-ЧĔРЛĔХ, ТУЯНАÇÇĔ

ЧКАЛОВСКИ. Молотов ячĕпе тăракан колхоз фермăсене тĕреклетес ĕçре пысăк утăмсем турĕ. Халĕ колхозри фермăсенче майракаллă шултра выльăхсен хисепĕ 132 пуçа çитрĕ тата 266 сурăх, 243 сысна усраççĕ.

Колхоз, обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана тултарнă хыççăн, колхозниксене выльăх-чĕрлĕх туянма пулăшрĕ. Çак кунсенче колхозниксем 424 сысна, 35 сурăх, 10 пăру туянчĕç.

Кăçал фермăра выльăх-чĕрлĕхрен тупăш илесси те ÿсрĕ. Кашни ĕнерен 9 уйăхра 1.212 литр сĕт суса илнĕ.

**И. ТАРАСОВ.**

# Грамматика ыйтăвĕсем пирки

А. И. Иванов пуçарса янипе грамматика ыйтăвĕсем пирки нумайăшĕ хăйсен шухăшĕсемпе паллаштарчĕç ĕнтĕ. Çыракансем пурте пирĕн чăваш чĕлхи грамматикинчи кăлтăксем çинчен асăнаççĕ, пуринчен ытла морфологи ыйтăвĕсем çинче чарăнса тăраççĕ.

Пирвайхи ыйту вăл падежсем пирки: А. И. Иванов çичĕ падеж вырăнне саккăр падеж сĕнет, хальхи пару падежĕпе тăву падежне пĕрлештерсе пĕр падеж—пару-тăву падежĕ тăвасшăн, вара пирие падежĕпе çуклăх падежне çĕнĕрен хушать. Ку сĕнÿпе çыракансенчен нумайăшĕ килĕшеççĕ; хăшĕсем ку ыйтăва пуçаракан шухăшне сарса, мĕншĕн шăн-шĕн, сăр-сĕр хыççăмахсене аффикссем шутне кĕртмеллине çирĕплетме тăрăшаççĕ.

Пирĕн шухăшпа, падежсен шутне ÿстерни чăваш чĕлхине вĕренес ĕçре те, ăна наукăлла тĕпчес ĕçре те нимĕнле усă та пама пултараймасть; П. Яжейкин каларăшле, «грамматикăна кĕрсе юлнă падежсене хусканани» анчах пулса тăрать: В. Терентьев кăтартса панă ултă «уйрăмлăхсемпе» нимĕнле те килĕшме çук. Пирвайхи «уйрăмлăхĕнче» вăл «хыççăмахсем лексикăлла пĕлтерĕшне пĕтĕмпех çухатман, аффикссем çухатнă», тет. «Пек», «валли», «чухне», «чен», «серен», «çемĕн» т. ыт. хыççăмахсем те хăйсен лексикăлла пĕлтерĕшне çухатнă пулмалла? Иккĕмĕшĕнче «аффикссем хытă тата çемçе вариантлă» пулаççĕ тет. Аффикссем те, хыççăмахсем те икĕ тĕрлĕ пулма пултараççĕ: пĕр вариантлă (сем, и, ĕ, мĕш, серен, чен), икĕ вариантлă (ăн-ĕн, а-е, шăн-шĕн, сăр-сĕр). Хăшпĕр татăксем те (ах-ех) икĕ вариантлă пулаççĕ, вырăнти калаçура «пек» хыççăмах та икĕ вариантлă (пак-пек), та-те союз та икĕ вариантлă. Виççĕмĕшĕнче хыççăмахсене уйрăм çыраççĕ, аффиксене пĕрле, тет. Çырасси вăл орфографи правилисенчен килет, вăл правилăсене çыракансем тунă, чĕлхе, падеж мар. Тăваттăмĕшĕнче «аффикссем фонетикăлла йышĕ тĕлĕшĕнчен кĕске» тет. Сассăнсерен, машшăн-мешшĕн, массерен-мессерен, иччен, пала-пеле, акан-екен т. ыт. аффикссем те фонетикăлла йышĕ тĕлĕшĕнчен вăрăм-çке! Пиллĕкмĕш «уйрăмлăх» иккĕмĕш уйрăмлăхпа пĕр: икĕ вариантлă пуласси сингармонизм законне пăхăннинчен килет, анчах пирĕн чĕлхе вăл закона час-час пăсать, пăхăнмасть. Улттăмĕшĕнче «аффикссем, япала ячĕсемсĕр пуçне, ытти пуплев пайĕсемпе те пĕрлешеççĕ, хыççăмахсем япала ячĕсемпе çеç пĕрлешеççĕ: çырасшăн, çырассăр, çырасса, çырасран, анчах та «çырас патне» темеççĕ», тет вăл. Кунта эпир В. Терентьев панă тĕслĕхсем каланă шухăша çирĕплетнине курмастпăр вара: пирĕн шухăшпа «çырассăр» сăмахра «çырас» пулас причасти çумне «ăр» иккĕмĕш сăпат аффиксĕ хутшăннă, «çырасшăн» падеж форми мар, инфинитив форми, анчах «çырас патне» темеççĕ пулсан та «вилес патне» çитрĕм тесе калаççĕ. Хыççăмахсем япала ячĕсемпе çеç мар, причастисемпе те (кайнăшăн, кайнăçемĕн, каймаллишĕн), инфинитивпа та (каймашкăн-кайманшăн, каясшăн) пĕрлешеççĕ; вĕсем те ытти пуплев пайĕсемпе пĕрлешес енчен пĕр пекех пулаççĕ.

Çапла вара В. Терентьев «уйрăмлăхĕсем» шăн-шĕн, сăр-сĕр хыççăмахсене аффиксене куçнине нихăш енчен те çирĕплетсе памаççĕ.

С. Юшков та хăйĕн статьинче падежсен ыйтăвне уççăн татса парайман. С. Юшков А. Иванов каланипе пĕтĕмпех килĕшет, анчах вăл пару-тăву падежне «ĕçлев падежĕ» тесшĕн, пирке падежне те «пĕлтерÿ падежĕ» тесшĕн. Малалла, хыççăмахсем çинчен каласнă чух, статья авторĕ падежсене пăтраштарса ярать: ун шухăшĕпе, «эпĕ юлташ валли кĕнеке илтĕм» предложенире «юлташ» сăмах пару падежĕнче тăрать, мĕншĕн тесен «таран, пирии, валли хыççăмахсем япала ятне пару падежне лартаççĕ», тет вăл.

А. Горшков та А. Иванов сĕнĕвĕсемпе килĕшет, анчах пару падежне тăву падежĕпе пĕрлештернине килĕшмест. Анчах «суклă» падежпе «пирке» падежне хутĕлесе каланă сĕрте татах пăтрашăнса каять. «Шăн-шĕн, сăр-сĕр сăмах пайĕсене уйрăммăн илсен, вĕсем хăйсен пĕлтерĕшне сухатнине куратпăр,—тет. — Валли, çийĕнче, умĕнче, айĕнче пек хыççăмахсене эпир уйрăммăн илсен те ăнланатпăр, çавăнпа та вĕсем, хыççăмах пулнисĕр пусне, урăх нимĕнле грамматикăлла категори шутне те кĕмеççĕ»,—тет вăл. Эпир çакна калаcшăн: шăн-шĕн, сăр-сĕр «сăмах пайĕсем» çеç мар, чен, серен, çемĕн, таран, пек, чух, валли хыççăмахсем те хăйсен пĕлтерĕшне сухатнă, вĕсене те уйрăммăн илсен ăнланмалла мар, анчах çийĕнче, умĕнче, айĕнче хыççăмахсем хăйсем тĕллĕн те тăма пултараççĕ, ун чухне вĕсен хăйсен пĕлтерĕшĕ пулать (умĕнче пултăр, çийĕнче пур, айĕнче тăрать). Малалла, суклă падежпе пирке падежне хÿтĕлес тĕлĕшпе, синтаксис уйрăмне куçать, «сăр-сĕр» аффикслă сăмахсем предложенире е дополнени, е определени пулаççĕ», тет. Анчах хыççăмахла япала ячĕсем те дополнени пулаççĕ, определени пулнă чухне «сăр-сĕр» аффикс падеж аффиксĕ мар, паллă ятне тăвакан аффикса тухса каять.

Пĕр сăмахпа каласан, А. Иванов та, В. Терентьев та, С. Юшков та, А. Горшков та хăйсен статьисенче мĕншĕн шăн-шĕн, сăр-сĕр хыççăмахсем падеж аффиксне тухса кайнине уççăн ăнлантарса параймаççĕ, ăнлантарса пама та пултараймаççĕ, мĕншĕн тесен шăн-шĕн, сăр-сĕр хыççăмахсем чен, çемĕн, серен хыççăмахсемпе пĕр йĕркере тăраççĕ. вĕсем пурте япала ячĕсене, ытти вĕçленекен сăмахсене каманлăх падежĕн кĕске формине лартаççĕ (çыншăн, çынсăр, революциччен, килсерен, хăвачĕçемĕн, нумайçемĕн, маншăн, мансăр, унччен, çын валли, ун валли, ун патне, кил патне).

Пару падежĕпе тăву падежне пăтраштарма май килмест. Кашни падежĕн хăйĕн пĕлтерĕшĕ пур, вăл пĕлтерĕш предложенире, сăмахсем çыхăнса тăнă сĕрте палăрать. Кун çинчен С. Угандеев та, А. Горшков та уççăн кăтартса панă, вĕсемпе эпир килĕшетпĕр, А. Ивановăн та килĕшме тивет пулĕ.

«Пур», «çук» сăмахсем пирки çавна каламалла: вĕсем татăксем те мар, «категория состояния—çĕнĕ пуплев пайĕ» те мар. Татăксем предложенире уйрăм член пулмаççĕ, «категория состояния» тенĕ пуплев пайĕ çук, ку категорие кĕрекен сăмахсем «предикативнăй наречисен» ушкăнне кĕреççĕ. Пирĕн чăваш чĕлхинче хăшпĕр сăмахсем тĕрлĕ пуплев пайĕ пулма пултараççĕ: «шăн»—глагол та, япала ячĕ те, паллă ячĕ те пулма пултарать, çавăн пекех «пур», «çук» сăмахсене тĕрлĕ пуплев пайне кĕртме пултаратпăр (пур пурнăç, пур çын та, кĕнеке пур, çук çын, пулас çук япала, вăхăт çук), предложенири вырăнне кура вĕсене паллă ячĕ те, местоимени те, наречи те, татăк та теме пулать.

С. Юшков хăйĕн статьинче тата ытти морфологи ыйтăвĕсем пирки сăмах пуçарать. Вăл еверлев сăмахĕсене уйрăм пуплев пайĕ тăвасшăн. Кунпа килĕшме пулать мĕншĕн тесен еверлев сăмахсен ушкăнĕ йышлă. Залогсем пирки те килĕшмелле, анчах С. Юшков çĕнĕ терминсем шухăшласа кăларма юратнипе пит килĕшÿсĕр терминсем туртса кăларать: понудительнăй залога «тутарттару залогĕ» тенĕ. (Çавăн пекех «тăвăм», «тăрăмлă», «тăсăмлă» сăмахсем те йĕркеллех мар, вĕсен пулăвĕ нимĕнле закона та пăхăнмасть). Видсемпе нимĕнле майпа та килĕшме çук, чăваш чĕлхинче вид категорийĕ тĕл пулмасть. Вид вăл—морфологи категорийĕ, вырăс чĕлхинче совершенный вид тĕрлĕ приставкăсемпе суффикссем хушăннипе пулать, чăваш чĕлхинче пирĕн вид тăвакан аффикссем çук. Хăш чухне «вĕçленнĕ» вида («совершенный вида» чăвашла описательнăй формăпа куçараççĕ (списал—çырса илчĕ, рассказал—каласа пачĕ), анчах ку описательнăй форма пур чухне те ĕç вĕçленнине кăтартмасть (шыв юхса выртать—река течет). С. Юшков сĕнни нимĕнле те «пуçламăш вид» патне сыххармасть, ку морфологи категорийĕ мар, синтаксис категорийĕ—хутлă глагол-сказуемăй.

П. Яжейкин хăйĕн статьинче синтаксис ыйтăвĕсем пирки сăмах хускатать. Чăнахах, пирĕн чăваш чĕлхин синтаксисĕнче кăлтăксем нумай, вĕсем çинчен хаçатра та темиçе хут çырнăччĕ. Хăшпĕр вырăнсене ачасем мар, вĕрентекен те ăнлана пултараймасть. Пуринчен ытла дире «предложенилле членсен» уйрăмĕ пăтраштарать. Синтаксис учебникĕн авторĕ С. П. Горский «предложенилле членсем» çинчен пĕтĕмĕшле ăнлантарнă чух «вĕсен те («предложенилле членсен» — Н. Р.) хăйсен подлежащийĕ пур; предложени, хăйĕн глагол—сказуемăйне причасти е деепричасти формипе улăштарса, предложение пĕр член пулса кĕрет» тенĕ. Ăнлан ĕнтĕ: «предложени предложение пĕр член пулса кĕрет»! Юрĕ, куна ăнланмасăр юлăпăр. Анчах пирĕн умма тата тепĕр ыйту сиксе тухать: ахаль предложенин сказуемăйĕ япала ятĕнчен, паллă ятĕнчен тата ытти пуплев пайĕнчен пулма пултарать. Ун пек предложени предложенилле члена куçма пултарать-ши? П. Яжейкин илсе кăтартнă тĕслĕхре («Вĕсем тахçан Тăхтаман хаяррине пĕлеççĕ) «Тăхтаман хаяррине» предложенилле член пулать, кунта подлежащийĕ «Тăхтаман», сказуемăйĕ «хаяррине»; анчах сказуемăй причасти те, деепричасти те мар—паллă ячĕ. Ку явлени çинчен учебникре нимĕн те каламан пирки хăй кăтартнă предложенилле члена П. Яжейкин предложенилле член тесшĕн мар. Çаплах «йăкăш-йăкăш шуçкалама» сăмах çаврăнăшне те предложенилле член тесшĕн мар вăл. Ку сăмах çаврăнăшне учебник тĕллеве пĕлтерекен предложенилле член тесе ăнлантарса парать. (Чăннипе илсен, вăл «инфинитивла сăмах çаврăнăшĕ», е, учебник терминологийĕпе, деепричастилле сăмах çаврăнăшĕ).

Ун пек пăтраштаракан вырăнсем С. П. Горский синтаксисĕнче питĕ нумай тĕл пулатпăр эпир. Пăхăнуллă хутлă предложенисене илсе вĕсене предложенилле членсемпе танлаштарса пăхар. «Ку чул колчедан пулсан, вăл йывăр туртмалла». Ку хутлă предложенире «ку чул колчедан пулсан» тени условие пĕлтерекен пăхăнуллă предложени. «Çумăр çусан, тырăсем лайăх ÿсмелле». Ку предложенире ĕнтĕ «çумăр çусан» тени условие пĕлтерекен предложенилле обстоятельство. Çак икĕ предложенире мĕнле уйрăмлăх пур-ши? Пĕрни сказуемăйĕ—хутлă ят (колчедан пулсан), теприн хутсăр глагол-сказуемăй. Çав анчах. Учебник авторĕ, ят сказуемăйпа глагол-сказуемăя уйăрса илме пултарайманнипе, пĕр пек предложенисене икĕ уйрăма кĕртнĕ. Тата тепĕр вырăна пăхар. 128-мĕш хăнăхтарура çакăн пек предложени пур: «Александр Невский ÿснĕ вăхăтра вырăс çĕршывĕ пысăк йывăрлăхсем тÿснĕ»; ку предложенире, автор шухăшĕпе, «Александр Невский ÿснĕ» тени предложенилле определени. Анчах разбор тунă чух кирек кам та тĕп предложенирен «вырăс çĕршывĕ пысăк йывăрлăхсем хăçан тÿснĕ?» тесе ыйту парать. Вара кăтартнă предложенилле член определени пулаканни мар, вăхăта пĕлтерекен предложенилле обстоятельствăна тухса каять.

Тата «уйрăмтăран кĕçĕн членсем» уйрăмне илер. Автор каланипе, чăваш чĕлхинче «уйрăмтăран предложенисем» пур, уйрăмтăран определенисем пурри çинчен вĕрентекенĕн е вĕренекенĕн шухăшласа пăхас пулать. Заглавийĕ «и», «скер» аффикс (!) йышăннă паллă ятĕнчен е причастирен (!) пулнă приложени». Приложенисем паллă ятĕнчен те, причастирен те пулма пултараççĕ иккен. Тĕлĕнмелле! Автор хăех 31-мĕш страницăра «япала мĕнлипе ăна тепĕр ят парса кăтартакан определение приложени теççĕ» тенине мансах кайнă. Халĕ ĕнтĕ унăн паллă ячĕ те, причасти те приложение тухса каяççĕ. Ирĕксĕрех кунта пăтрашăнса кайма пулать.

Ку çитменлĕхсем çинчен синтаксис авторне темиçе хут та кăтартса панăччĕ, анчах С. П. Горский критикăна та, критика тăвакансене те питех кăмăлламасть, кăтартса панă йăнăшсене те тÿрлетмест.

Юлашкинчен çакна калăпăр. Пирĕн чăваш чĕлхин грамматикине тĕплĕнрех пăхса тухас пулать, учебниксене çĕнетсе кăларас пулать. Учебниксене çĕнетиччен Çутĕç министерствин чăваш чĕлхине вĕрентмелли программăсене тĕплĕн пăхса тухас пулать; вĕсене учебниксене пăхса тăвас пулмасть, учебникĕсене хăйсене программăна пăхăнтарса çырмалла. Учебник авторĕсене те ку ĕçе ответлă тума хистемелле. Программăсем пирки учительсен тĕрлĕ канашлăвĕсенче, конференцийĕсенче сÿтсе явма тăрăшмалла.

**Н. РЕЗЮКОВ,**
Канашри учительсем хатĕрленес институтăн аслă преподавателĕ.

# Демократиллĕ Германи Республикин Правительстви хĕвеланăçĕнчи виçĕ держава правительствисем патне янă çыру

БЕРЛИН, ноябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви çапла пĕлтерет:

Демократиллĕ Германи Республикин премьер-министрĕ сумĕнчи пичет ведомстви çапла пĕлтерет:

Демократиллĕ Германи Республикин Правительстви США-н Германири Верховнăй комиссарĕ патне çакăн пек çыру янă. Вăл çырăва Верховнăй комиссарăн Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсен правительствине памалла.

Демократиллĕ Германи Республикин Правительстви вун пек çырусене çавăн пекех Великобританипе Франци правительствисене те ярса панă.

Çырура çапла каланă:

«Нимĕç халăхĕн законлă прависене хӳтĕлессишĕн тăрса тата пĕтĕм нимĕç халăхĕн пурнăç условийĕсене лайăхлатассишĕн тăрăшса, Демократиллĕ Германи Республикин Правительстви Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсен Правительствине çапла чĕнсе калать.

Вăрçă пĕтнĕренпе 8 çул ытла иртрĕ. Германипе халиччен те мирлĕ договор туман.

Çавна пула Потсдамри килĕшӳре палăртнă пек демократиллĕ мирлĕ никĕс çинче Германи пĕрлĕхне тăвасси вăраха кайрĕ кăна мар, йывăр лару-тăру çаплах сыхланса юлчĕ. Кун пек лару-тăрура Германин пĕр пайĕ вăрçă ĕçĕсемпе оккупацие пула тухса тăнă финанспа экономика обязательствисене тӳссе пурăнать.

Совет Союзĕпе Польша, ытти çĕршывсемпе танлаштарсан, гитлерла агрессирен нумайрах сиен курчĕç. Çакна пăхмасăр, Германин хĕвелтухăç пайне малта каланă пек обязательствăсенчен хăтарнă. Çавăнпа та Хĕвеланăç Германири халыхи йĕркене тĕрĕс теме нимпе те май çук.

Паллă ĕнтĕ, Демократиллĕ Германи Республикин Правительстви тата Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Правительстви 1953 çулхи августăн 22-мĕшĕнче Мускавра Демократиллĕ Германи Республикинчен репарацисем илме чарăнасси тата вăрçă пирки пулса тухнă ĕçсемпе çыхăнса тăракан финанспа экономика обязательствисене çăмăллатмалли ытти мерăсем çинчен çырнă протокол çине алă пуснă.

Çак протокол тăрăх, Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕ

1954 çулхи январĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа Демократиллĕ Германи Республикинчен репарацисем илсе тăрассине — таварсем тăратмалли формăпа та, ытти кирек мĕнле формăпа та—пĕтĕмпех чарса лартать;

Совет çарĕсем Демократиллĕ Германи Республикин территорийĕнче тăнă пирки тухакан расходсене чакарать. Çак расходсем Демократиллĕ Германи Республикин государство бюджечĕн тупăшĕсенче çулталăк хушшинче 5 процентран иртмелле мар, анчах, мĕнле пулсан та, вĕсем 1949 çулхи оккупаци расхочĕсенчен пысăк пулмалла мар;

Демократиллĕ Германи Республикине 1945 çул хыççăн пулса тăнă тулашри оккупаци расхочĕсен парăм укçине тӳлессинчен пĕтĕмпех хăтарать;

1954 çулхи январĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа Совет Союзĕн Германири мĕнпур промышленность предприятийĕсене пĕр тӳлевсĕрех нимĕç халăхĕн харпăрлăхне парать.

Малалла Совет Правительстви çапла пĕлтернĕ: Германи вăрçă хыççăнхи государство парăмĕсене Совет Союзне тӳлессинчен ирĕклĕ.

Паллă ĕнтĕ, Польша Халăх Республикин правительстви те Германирен репараци тӳлевĕсен хăйĕн пайне илме чарăннă.

Нимĕç халăхĕ Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕпе Польша Халăх Республикин правительствисене вĕсем ырă кăмăллă решенисем йышăннăшăн тав тăвать. Анчах вăл çакăншăн та çине тăрать: хĕвеланăçĕнчи державăсен правительствисем те çакăн пек ĕçсем туса иртерччĕр. Хĕвеланăç Германири халăх халĕ те тĕрлĕ государствăсене тĕрлĕ формăпа репараци тӳлевĕсем парса питех те нушаланса пурăнать. Федеральнăй республикăн государство бюджечĕ 1953 çулта кăна 9,6 миллиард марка оккупаци расхочĕсем тӳлеме палăртать. Вăл федеральнăй республикăн пĕтĕм тупăшĕсен 34,5 проценчĕ пулать. Ку вăл çакна пĕлтерет: Хĕвеланăç Германири кашни çемьене çулталăкра тата 800 марка налог хушса тӳлеттерессĕ. 1945 çул хыççăн Хĕвеланăç Германири федеральнăй республикăн оккупацилесе тăракан державăсене тӳлемелли парăмĕ сахалтан та 7,38 миллиард маркăна çитнĕ. Çак парăм шутне ют çĕршывсен укçипе шутланă оккупаци расхочĕсене кĕртмен, вăл парăм мĕн чухлĕ пулнине палăртма та май çук. Хĕвеланăçĕнчи державăсем нимĕн те пĕлтермен пирки, çак парăмсем Хĕвеланăç Германи çине йывăррăн тиенеççĕ. Оккупацие пула федеральнăй республикăра нумай шутра промышленность предприятийĕсен пĕр пайĕ е пĕтĕмпех ют çĕршывсем аллине куçнă.

Нимĕç халăхне Хĕвеланăç Германие парăмсем тӳлеттерессинчен хăтарсан, çак укçана Хĕвеланăç Германири ĕççыннисен пурнăç условийĕсене лайăхлатас тата мирлĕ экономикăна аталантарас çĕре ярсан, Хĕвеланăç Германири ĕççыннисен пурнăç шайĕ, тен, чылай ӳсме пултарĕччĕ. Ку вăл нимĕç халăхĕн наци интересĕсемпе пĕтĕмпех килĕшсе тăрĕччĕ. Хĕвеланăç Германин вăрçă пирки пулса тухнă ĕçсемпе çыхăннă Хĕвеланăçĕнчи державăсем умĕнчи финанспа экономика обязательствисене чакарни Хĕвеланăç Германи ют çĕршывсене пăхăнса тăрассине те чакарĕччĕ, ку вăл Хĕвеланăç Германири милитаристсемпе реваншистсене пырса çапĕччĕ. Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсен правительстви вăл нимĕç халăхĕн интересĕсене хисеплет тесе яланах калание асра тытса, Демократиллĕ Германи Республикин Правительстви Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсен правительствине вăраха ямасăр, Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Правительстви тунă пек ĕçсем туса иртерме сĕнӳ парать.

## И. В. Сталина асăнса памятник уçнă

ПРАГА, ноябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Пльзен хулинче Радбуза юханшывĕ хĕрринче И. В. Сталина асăнса памятник уçнă.

Памятник уçнă ятпа митинг иртернĕ. Унта хулари тата Пльзен облаçĕнчи мĕнпур районсенчен 80 пин çын ытла пухăннă.

Митингра А. Запотоцкий президент сăмах тухса каланă.

## Чехословакипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх уйăхлăхĕ

ПРАГА, ноябрĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословакипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх уйăхлăхне иртернĕ май, ĕнер Прага, Брно, Братислава тата Кошице хулисенче совет фильмĕсен фестивалĕ пуçланнă.

Столицăра кинофестиваль уçăлнă çĕрте премьер-министр Вилем Широкий тата правительство членĕсем, наци пухăвĕн председателĕ Зденек Фирлингер, Чехословакири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн секретарĕсем, государство тата обществăлла организацисен представителĕсем, наукăпа, культура деятелĕсем пулнă. Фестивале уçнă çĕрте çавăн пекех Совет Союзĕн Чехословакири посолĕ А. Е. Богомолов, халăх демократи çĕршывĕсенчи дипломатилле представительствăсен пуçлăхĕсем, Совет Союзĕнчи культура деятелĕсен делегацийĕн членĕсем тата Совет Союзĕнчи киноработниксен делегацийĕн членĕсем пулнă.

Прагăра кинофестиваль уçнă чухне Совет Союзĕнче кăларнă «Возвращение Василия Бортникова» ятлă илемлĕ фильм кăтартнă.

### КИТАЯ ЭЛЕКТРИФИКАЦИЛЕÇÇЕ

ПЕКИН, ноябрĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). «Женьминьжибао» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, хальхи вăхăтра Çурçĕр-Хĕвелтухăç Китайра пысăк вольтлă электролини тăваççĕ. Лини 370 километр тăршшĕ пулмалла.

Проект ĕçĕсене Çурçĕр-Хĕвелтухăç Китайри проект бюровĕн работникĕсем Совет Союзĕнчи специалистсем пулăшнипе тунă.

## Совет воинĕсене хисеплесе

ВАРШАВА, ноябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер, Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнă кун, Опольск воеводствинчи Ключборг хулинче Польшăри хуласемпе ялсене ирĕке кăларассишĕн пынă кĕрешӳре хăйсен пуçне хунă çынсене—Совет Çарĕн паттăр воинĕсене хисеплесе обелиск уçнă. Обелиска уçма Опольск воеводствинчи рабочисем, хресченсем тата интеллигенци 20 пин çын ытла пухăннă.

Обелиска уçни Польшăпа Совет Союзĕнчи халăхсем хушшинчи ĕмĕрлĕх туслăха уççăн кăтартса панă.

### ФУТБОЛИСТСЕМ ЮЛТАШЛА ТĔЛ ПУЛСА ВЫЛЯНА

ВАРШАВА, ноябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Варшавăра Польша Халăх çарĕн стадионĕнче Совет Союзĕнчи тата Польшăри футболистсем хушшинчи юлташла ăмăрту пулнă. Мускаври «Спартак» обществин футбол команди 1953 çулта Польша чемпионĕ ятне илнĕ «Уния» футбол командипе тĕл пулса выляннă.

Тĕлпулу 4:2 шутпа совет футболисчĕсем çĕнтернипе вĕçленнĕ.

### ПХЕНЬЯНРИ ФЕСТИВАЛЬ

ПХЕНЬЯН, ноябрĕн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Пхеньянра совет кинофильмĕсен фестивалĕ пуçланнă. Корейăри Ĕçлĕх партийĕн Центральнăй Комитечĕн ларусем иртермелли залне Пхеньянри темиçе çĕр çын пухăннă. Кĕске сăмах каласа, ларăва Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Культурăпа пропаганда министерствин кинематографи пайĕн начальникĕ Ким Вон Дон уçнă. Совет киноискусствин çитĕнĕвĕсем çинчен Культурăпа пропаганда министрĕн заместителĕ Тен Юр каласа панă. Совет кинофильмĕсен фестивалĕ нумай тĕслĕ илемлĕ фильм «Адмирал Ушаков» тата «Счастливое детство» ятлă документлă фильм кăтартнипе пуçланнă.

Пхеньянра совет кинофильмĕсене виçĕ залра кăтартаççĕ. Фестиваль вăхăтĕнче «Возвращение Василия Бортникова», «Максимка», «Концерт мастеров украинского искусства», «Чук и Гек» тата ытти кинофильмсене те кăтартаççĕ.

# Хаçат-журнал сарас ĕçе вăйлатмалла

Советски районĕнчи çыхăну уйрăмĕсемпе агентствисенче ĕçлекенсем, колхозсенчи почтальонсемпе обществăлла уполномоченнăйсем 1954 çулшăн хаçат-журнал сарас енĕпе ĕçлеççĕ. МТС-ри механизаторсемпе ялхуçалăх специалисчĕсем тата ытти хăшпĕр работниксем 4—5-шер экземпляр хаçат-журнал çырăнаççĕ. Кунта хаçат-журнал çырăнтарас енĕпе обществăлла уполномоченнăй пулса виçĕ çул хушши ĕнтĕ комсомолец П. Николаев юлташ ĕçлет. Вăл подписка йышăнма пуçланă кунах 260 экземпляр хаçат-журнал çырăнтарчĕ.

Хаçат-журнал çырăнтарас тĕлĕшпе çавăн пекех Мăн Чурашри çыхăну уйрăмĕн начальникĕ Черлаков юлташ та паха тĕслĕх кăтартать. Çак çыхăну уйрăмĕнчи 4 колхозра тата икĕ шкулта обществăлла уполномоченнăйсем ĕçлеççĕ. Подписка йышăнма 4 пункт уçнă. Вĕсенче хаçат-журнал çырăнтарма пуçланă кунах 160 экземпляр ытла хаçат-журнал çырăнтарнă.

Хаçат-журнал çырăнтарас енĕпе обществăлла уполномоченнăйсем 32 çын ĕçлеççĕ. Паллах вĕсем халĕ çителĕксĕр. КПСС райкомĕ кашни парторганизацинче пĕрер уполномоченнăй уйăрма йышăнчĕ. Анчах та, КПСС райкомĕ хăй йышăннă решени пурнăçа кĕнине тĕрĕслемен пирки, халĕ чылай вырăнсенче обществăлла уполномоченнăйсем уйăрман.

Хăшпĕр пуçламăш парторганизацисен секретарĕсем колхозниксем хушшинче хаçат-журнал сарас ĕç çине çиелтен пăхаççĕ. «Восход» колхозра пĕр уйăх хушшинче виçĕ почтальон улăштарчĕç. Иртнĕ çулта кунта темиçе çын улшăннă. Çавăнпа та колхозра хаçат-журнал сарас ĕç япăх пырать. Уйрăм çынсем хушшинче нурĕ те 4—5 çын кăна хаçат-журнал илсе тăрать. Ферма заведующийĕсемпе уйхир бригадисен бригадирĕсем хаçат-журнал илме çырăнмаççĕ. Коммунистсенчен çурри ытла хаçат илме çырăнман. Партин пуçламăш организацийĕ çак çитменлĕхсене асăрхамасть.

«Дружба» колхозри Г. Федотов, А. Стахеев, А. Михайлова, И. Васильев, А. Федорова тата ытти хăшпĕр коммунистсем 1953 çулта тата иртнĕ çулсенче те хаçат-журнал çырăнман. Çак колхоз чылай ĕçсем енĕпе кая юлса пырать. Кунта 1954 çулта илсе тăма хаçат-журнал çырăнма пуçламан-ха. Колхозра хаçат-журнал çырăнтармалли пĕр пункт уçмалла, пĕр обществăлла уполномоченнăй уйăрмалла пулнă. Анчах çак ĕçсене туман. Районти больницăра иртнĕ çул обществăлла уполномоченнăй пулма коммунистка Тимофеева юлташа уйăрнă. Вăл хăйĕн ĕçĕ çине çителĕксĕр пăхнине пула 46 работникрен 11 çын кăна хаçат-журнал çырăннă. Кунти пуçламăш парторганизаципе профсоюз комитечĕ политикăлла пысăк ĕç çине çиелтен пăхрĕç. 1954 çулшăн подписка йĕркелеме ку коллективра обществăлла уполномоченнăй уйăрман.

Хаçат-журнал сарасси — политикăлла пысăк ĕç. Вырăнти парти организацийĕсен ĕççыннисене хаçатсемпе журналсем çырăнтарас ĕçе куллен ертсе пымалла.

**В. ФЕДОРОВ,**
«Союзпичетĕн» Советски районĕнчи организаторĕ.

## Учительсем çырăнаççĕ

Хĕрлĕ Чутай вăтам шкулĕнче вĕрентекенсемпе учительсем кашни çулах хаçат-журнал нумай çырăнаççĕ. Октябрĕн 20-мĕшĕ тĕлне вĕсем хушшинче 37 тĕрлĕ хаçат-журнал 3.460 тенкĕлĕх сарнă.

— Эпĕ чылайранпа «Известия» хаçат илсе тăратăп,—терĕ ватă учитель П. Осипов юлташ.—Кăçал та «Известия» тата ытти хаçат-журналсене çырăнатăп.

Хаçат-журнал ытларах сарма тăрăшатпăр.

**П. ТАРАСОВ.**
хаçат-журнала сарас енĕпе ĕçлекен обществăлла уполномоченнăй.

МУРКАШ. Çатракассинчи çичĕ çул вĕренмелли шкулта ĕçлекен учительсем 1954 çулта 2—3-шер экземпляр хаçат-журнал тата «Агитатор блокночĕ» илсе тăма пуçлаççĕ. Учительсем пурĕ 36 экземпляр хаçат-журнал çырăннă. Кунсăр пуçне шкул валли 1.098 тенкĕлĕх çырăннă.

«Сталинец» колхозри Л. Малышева почтальон хаçат-журнал сарас енĕпе колхозниксем хушшинче те лайăх ĕçлет.

**Г. СЕМЕНОВ.**

## *Шăхасан районĕнчен килнĕ хыпарсем*

**Специалистсемпе механизаторсем колхозсемпе МТС-ра.** Парти чĕнĕвĕпе хавхаланса, вуншар специалистсемпе механизаторсем колхозсемпе МТС-а ĕçлеме таврăнчĕç. Н. Скворцова агроном «Красный Октябрь» колхозра ĕçлеме пуçларĕ. Вăл пуçарнипе колхозниксем кĕске вăхăтра кантăр татса пĕтерчĕç, çĕрулмипе пахча çимĕçсене пухса кĕртрĕç. Колхозра авăн çапас ĕç те вĕçленсе пырать.

Çак кунсенче МТС-а механизаторсен çĕнĕ кадрĕсем чылай хутшăнчĕç. Канашри вагонсем юсакан заводран трактористсем пулса ĕçлеме П. Николаевпа И. Григорьев юлташсем таврăнчĕç. Совет Çарне кайиччен вĕсем иккĕшĕ те МТС-ра тракторист пулса ĕçленĕ.

Нумаях пулмасть МТС-а Канаш деповĕн токарĕ А. Тарасов юлташ килчĕ.

**Ялхуçалăх продукчĕсем сутаççĕ.** Партипе Правительство ялхуçалăх продукчĕсене сутăн илмелли хака ӳстернĕренпе районти ĕççыннисем государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем, çĕрулмипе пахча çимĕç нумай сутма тытăнчĕç. Уйкас Кипекри «Гвардеец» колхоз членĕсем çак кунсенче ялпо урлă государствăна 1.138 килограмм аш-какай, 558 килограмм сухан, 11 тонна çĕрулми сутрĕç.

«Молодой колхозник», Маленков ячĕпе тăракан колхозсен членĕсем те государствăна ялхуçалăх продукчĕсем нумай сутрĕç.

**Фермăсенчи ĕçсене механизацилеççĕ.** Районти чылай колхозсенче фермăсенчи ĕçсене механизацилесси анлăн саралса пырать. Кăçал «За коммунизм» колхоз водопровод туса пĕтерсе ĕçе ячĕ. «Молодой колхозник», «Заря» колхозсем те водопровод туса пĕтереççĕ. «Заря» колхоз фермăри ĕçсене механизацилеме двигатель туянчĕ.

**Гектартан 800 центнер выльăх кăшманĕ.** Ухманти Ленин ячĕпе тăракан колхоз кăçал пысăк тухăçлă çĕрулмипе пахча çимĕç туса илчĕ. Кашни гектартан вăтам шутпа 250 центнер çĕрулми тухнă пулсан, Н. Игнатьевпа Е. Васильев юлташсем ертсе пыракан уй-хир бригадисем 4-шар гектар çинче кашни гектартан 296-шар центнер çĕрулми пухса кĕртрĕç.

Колхоз кăçал нихçанхинчен пысăк тухăçлă выльăх кăшманĕ çитĕнтернĕ. Колхозниксем çичĕ гектар çинче кашни гектартан 800 центнера яхăн кăшман пуçтарса кĕртрĕç.

**Кĕрхи çĕртме тумалли плана ирттерсе тултарнă.** Кĕрхи çĕртме тумалли плана срокчен тултарассишĕн пыракан социализмла ăмăртура МТС-ăн 10-мĕш трактор бригади (бригадирĕ А. Григорьев юлташ) мала тухрĕ. Бригада 775 гектар кĕрхи çĕртме туса плана 10 процент тултарчĕ. М. Казаковпа А. Иванов трактористсем Максим Горький ячĕпе тата Куйбышев ячĕпе тăракан колхозсенче «ДТ-54» тракторпа 175-шер гектар çĕртме сухи тунă.

10-мĕш бригада авăн çапмалли плана та чылай иртерсе тултарчĕ.

**В. ВЕСЕЛОВ.**

## Хĕвеланăç Германире вăрçа хатĕрленеççĕ

БЕРЛИН, ноябрĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). «Форверст» хаçат Бонран пĕлтернине пичетлесе кăларнă. Унта Хĕвеланăç Германири милитаристсен планĕсем çинчен каласа кăтартнă.

Хаçат, уйрăммăн илсен, гитлерла çарăн полковникĕ пулнă Эберхард каласа панине илсе кăтартать. Эберхард Бонри çар «ведомствинче» Хĕвеланăç Германин пулас çарĕнчи зенитнăй артиллерие тунă çĕрте «сывлăшран тапăнассинчен сыхланас» ыйтусем тĕлĕшпе ĕçлет. Эберхард каланинчен çакă курăнать: ку зенитнăй артиллерие «США-ран илсе килнĕ çĕнĕ йышши орудисем» параççĕ. Хĕвеланăç Германири зенитнăй артиллерири салтаксене вĕрентнĕ чухне, тенĕ Эберхард, «США-н Корейăри вăрçăри «опычĕпе» тата иккĕмĕш тĕнче вăрçи вăхăтĕнче пухнă «нимĕçсен опычĕпе» усă курмалла.

Бонри «çар ведомствин» тинĕс-çар вăйĕсен пайĕн руководителĕ — гитлерла тинĕс-çар флочĕн капитанĕ пулнă Ценкер пĕлтернĕ тесе, хаçат Бонри милитаристсем тинĕс-çар флотне тума мĕнле хатĕрленни çинчен тĕплĕнрех çырать. Ценкер каланă тăрăх, Хĕвеланăç Германире «карапсен строительствин планне туса хатĕрленĕ ĕнтĕ». Çав план тăрăх чи малтанах тинĕс-çар флочĕн çăмăл судниисене: минăсем илсе çӳрекен карапсем, шыв айĕнче çӳрекен кимĕсем, суднăсене хӳтĕлесе пыракан карапсем тумалла. Вĕсем çинче нимĕн тăхтаса тăмасăр Хĕвеланăç Германин пулас тинĕс-çар флочĕн çыннисене вĕрентмелле.

Хаçат çакна палăртать: Хĕвеланăç Германин тепĕр хут тумалли тинĕс-çар флочĕн базисем Вильгельмсхафен, Куксхафен, Бремерхафен, Эмден, Фленсбург тата Экерниферде пулмалла.

### БЕЛЬГИ ХАЛАХĔ «ЕВРОПА ÇАРНЕ» ХИРĔÇ ТĂРАТЬ

БРЮССЕЛЬ, ноябрĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Бельгири мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен комитет «Европăри оборона пĕрлешĕвĕ» текенскер çинчен тунă договора çирĕплетес пирки Бельгире халăхран ыйтса пĕлнин малтанхи результачĕсем çинчен пĕлтернине пичетлесе кăларнă.

Пĕлтернинче халăхран çĕршыври тĕрлĕ провинцисенчи 18 шутра предприятире ыйтса пĕлнин итогĕсене илсе кăтартнă. 17.500 бюллетеньрен 13.875 бюллетень, урăхла каласан 80 процента яхăн, договора çирĕплетессине хирĕç тăнине пĕлтернĕ. 353 çын кăна договора çирĕплетессишĕн сасăланă, ытти 3.290 çын хăйсен шухăш-кăмăлне палăртман, вĕсем бюллетеньсем çине нимĕн те çырман.

Херстальри АСЕС ятлă электромеханически заводри (Льеж провинцийĕ) ыйтса пĕлнĕ работниксен 98 проценчĕ, Турнэ чукун çул станцийĕнчи (Эно провинцийĕ) работниксен 90,7 проценчĕ, Шарлеруа хулинчи (Эно провинцийĕ) 6-мĕш номерлă шахтăри шахтерсен 86,1 проценчĕ договора çирĕплетессине хирĕç тăнă. Гент, Намюр тата çĕршыври ытти хуласенчи предприятисенче ĕçлекенсем те хăйсем договора çирĕплетессине хирĕç тăнине палăртнă.

# Франци çарĕсем Вьетнамра çĕнĕ поражени тӳснĕ

ШАНХАЙ, ноябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Вьетнамăн верховнăй командованийĕ ноябрĕн 7-мĕшĕнче пичетлесе кăларнă пĕлтерӳре Франци çарĕсене Нинь-Бинь районĕнче (Вьетнамăн çурçĕр пайĕ) тепĕр хут поражени кӳни çинчен каланă. Паллă ĕнтĕ, октябрь уйăхĕн варринче Франци командованийĕ Нинь-Бинь районĕнче «Индо-Китайри вăрçă пуçланнăранпа иртерекен чи хăватлă наступлени» пуçланă. Ку наступлени çинчен Франци командованийĕ нумай шавланă. Темиçе кун иртнĕ хыççăн интервентсен наступленине Вьетнам Халăх çарĕн чаçĕсем чарса лартнă.

Çарсене тепĕр хут йĕркелесе, Франци çарĕсен главнокомандующийĕ Навар октябрĕн 25-мĕшĕнче Нинь-Бинь районĕнчен кăнтăр енче иккĕмĕш хут наступлени тума хăтланнă. Çапăçăва çĕнĕ çарсем янă. Вĕсене моторизованнăй чаçсем, артиллерипе авиаци пулăшса тăнă.

Çирĕм кун хушшинче çак районта Франци çарĕсем пĕтĕмпе 3 800 çын çухатнă. Франци çарĕсен юлашкисем, тенĕ пĕлтернинче, каялла чакма тата наступление чарса лартма тивнĕ.

Вьетнамри информаци агентствин çар ыйтăвĕсем енĕпе ĕçлекен комментаторĕ Шин Нгиа çакна кăтартса парать: Франци колонизаторĕсем çак наступление Индо-Китая США-н вице-президенчĕ Никсон пынă вăхăтра пуçланă. Вĕсем Америкăри хуçисем «хăйсене шанса тăнине кăтартса парасшăн пулнă».

## Францири демократиллĕ вăйсен çĕнтерĕвĕ

ПАРИЖ, ноябрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Францири демократиллĕ вăйсем çĕнĕ çĕнтерӳ тунă. Ĕнер Наци пухăвĕ парламент членĕсен прависене тĕкĕнмелле марри çинчен тăракан ыйту тĕлĕшпе ĕçлекен комисси докладне тата комисси юлашкинчен каласа çырнине ырланă. Комисси Жак Дюкло, Этьен Фажон, Франсуа Бийу тата Раймона Гюйо депутат-коммунистсен депутат прависене пĕтерме шутланине хирĕçленĕ пулнă. Комисси докладĕ майлă 302 сасă пулнă, ăна хирĕç 291 çын сасăланă.

Комисси сĕнĕвне сасăличчен вăйлă прenisem пулса иртнĕ. Пренире депутат-коммунист Этьен Фажон тухса каланă. Вăл çакна палăртнă: коммунистсене айăплассишĕн тăрса, Бонра тата Парижра тунă договорсене çирĕплетес умĕн, правительство тăватă депутатран «хăтăлма», çавăн пекех Вьетнамри колонилле вăрçа малалла тăсассине хирĕç пыракан кĕрешӳре Франци халăхĕн вăйĕсене пĕрлешме чăрмантарма шутланă.

### ФРАНЦИ ВЛАÇĔСЕН ÇУРÇĔР АФРИКĂРИ ТЕРРОРĔ

ПАРИЖ, ноябрĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). «Юманите» хаçат Çурçĕр Африкăри колонилле террор çинчен пĕлтерет. Ноябрĕн 5-мĕшĕнче çĕрле Франци полицийĕпе çарĕсем Габес районĕнче (Тунис) «тĕрĕслемелли операци» текенскерне иртернĕ. Çавăн чухне «документсем тĕрĕслес шутпа» Тунисри 400 ытла çынна «тытса чарнă». 20 çынна арестленĕ.

Ноябрĕн 7-мĕшĕнче Францин Касабланка хулинчи çар трибуналĕ вырăнта пурăнакан виçĕ çынна 5 çултан пуçласа 20 çул таран каторгăна яма приговор йышăннă. Вĕсене 1952 çулхи декабрьти ĕçсене хутшăннă тесе айăпланă. Ун чухне Францин карательнăй отрячĕсем марокканецсене пин çын ытла вĕлернĕ.

Алжирти апелляци сучĕ Алжирти Коммунистсен партийĕн секретарĕ Ахмед Акаш тата «Демократиллĕ ирĕклĕхсем çĕнтереççĕ» ятлă парти руководителĕсем Лауэль Усинепе Ахмед Мезерн тĕлĕшпе маларах йышăннă приговора çирĕплетнĕ. Вĕсене вырăнти хаçатсене сарнăшăн тата хаçатра статьясем пичетлесе кăларнăшăн айăпланă. Çав ĕçсене колонилле влаçсем «Францин территорине пайлама хăтланни» тесе шутлаççĕ.

### МОСАДДЫКА СУД ТĂВАÇÇĔ

ЛОНДОН, ноябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, Иран премьер-министрĕ пулнă Мосаддыка суд тума пуçланă.

Суд Султанабад крепоçĕнче пулса иртет. Крепоçе танксемпе тата бронемашинăсемпе хĕрсăшаланнă çар чаçĕсем хураллаççĕ.

## Португалири парламент „суйлавĕсем“

ПАРИЖ, ноябрĕн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Ноябрĕн 8-мĕшĕнче Португалире Наци пухăвĕн «суйлавĕсем» пулса иртнĕ. Наци пухăвĕ ячĕшĕн кăна парламент шутланса тăрать. Тĕрĕссипе илсен, вăл Саларзарăн диктаторла правительстви мĕн хушнине кăна пурнăçласа пырать.

Франциri хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, регистрациленĕ суйлавçăсен 50 проценчĕ ытларах кăна суйлава хутшăннă.

Наци пухăвĕнчи мĕнпур 120 вырăна ертсе пыракан «Наци союзĕ» партийĕн представителĕсем йышăннă.

## Радиоприемниксемпе усă курмалли ПРАВИЛĂСЕМ

Пур граждансен те, çавăн пекех предприятисемпе учрежденисен те хăйсен радиоприемникĕсене виçĕ кун хушшинче çыхăну предприятийĕсенче регистрацилемелле. Пур йышши радиоприемниксене те регистрацилес пулать.

Радиоприемник пĕтĕмпех юрăхсăра тухсан е ăна усă курма урăх çынна панă пулсан, радиоприемник хуçин приемнике регистрациленĕ çыхăну предприятине заявлени çырса памалла. Вара заявлени панă кунран пуçласа абонемент укçи илме пăрахаççĕ.

Радиоприемнике регистрацилемесĕр йĕркене пăсакан çынна штраф тăваççĕ е уголовнăй йĕркепе ответ тыттараççĕ.

Радиоприемник хуçин регистрацилениpe пĕр вăхатрах радио итленĕшĕн укçа тӳлемелле.

Укçа тӳлемелли сроксем:

пĕррремĕш çур çулшăн февралĕн 1-мĕшĕччен тӳлемелле;

иккĕмĕш çур çулшăн августăн 1-мĕшĕччен тӳлемелле.

Кăçалхи çулшăн абонемент укçи тӳлемелли сроксем иртнĕ. Укçа тӳлесе татман çынсен çак кунсенчех тӳлесе татас пулать. Тӳлесе татмасан шыраса илмелле тăваççĕ.

Радиоприемник валли питани е лампăсем çук тесе укçа тӳлемесĕр тăма юрамасть.

**РАДИОТРАНСЛЯЦИ ДИРЕКЦИЙĔ.**

## ПĔЛТЕРНИ

Ноябрĕн 11-мĕшĕнче, 19 сехетре, КПСС хула комитечĕн библиотека çуртĕнче парти историне вĕренмелли пĕрремĕш тата иккĕмĕш çул ĕçлекен кружоксен руководителĕсен семинарĕсем пулаççĕ.

Семинар руководителĕсем—А. З. Орленко тата З. И. Федорова юлташсем.

**КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.**

Редактор заместителĕ **М. Н. ЯКИМОВ.**

### ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРЕНЧЕ — ноябрĕн 11-мĕшĕнче чăвашла спектакль «Айдар». Ноябрĕн 12-мĕшĕнче вырăсла спектакль «Мачеха».

Спектакльсем 19 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

### КИНО

«УДАРНИК»—ноябрĕн 11-мĕшĕнче тата малашнехи кунсенче те «Мой маленький друг».

Сеанссем пуçланаççĕ: 14 сехет те 15 минутра, 16 с. 15 м., 18 с. 15 м. тата 20 с. 15 м.

## *СССР халăх хуçалăхне аталантармалли государство заемне (1952 çулта кăларнине çырăнса илнĕ граждансене пĕлсе тăма*

Чăваш АССР перекет кассисемпе государство кредичĕн управленийĕ çакăн çинчен пĕлтерет: СССР халăх хуçалăхне аталантармалли государство заемне (1952 çулхи кăларăм) çырăнса илнĕ çынсене облигацисем памалли срок 1954 çулхи мартăн 31-мĕшĕнче тухать.

СССР халăх хуçалăхне аталантармалли государство заемне (1952 çулхи кăларăм) çырăнса илнĕ граждансен çак заемăн облигацийĕсене 1954 çулхи апрелĕн 1-мĕшĕччен алла илес пулать, çав кунччен илмесен, вара облигацисене илмелли вăхăт иртет.

Заем çырăнса илнĕ граждансем! Хăвăр заем çырăнса илнĕ предприятири е учрежденири расчет пайĕнчен заем укçи тӳлени çинчен справка илĕр те, перекет кассине пырса, укçа тӳленĕ чухлĕ заем облигацийĕсем илĕр.

Заем облигацийĕсене срок иртиччен алла илĕр.

**Чăваш АССР перекет кассисемпе государство кредичĕн управленийĕ.**

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—3-54, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НГ 09211 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 2543. Тираж 20,000 экз.